ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Апрель
21
ЫТЛАРИКУН
№ 79 (8988)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Экзамена лайăх хатĕрленер

Шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ чĕтĕмшах лайăхланса пырать. Урoксен идейăлла-теорилле шайĕ чылай ÿсрĕ. Лабораторисенче практикăлла занятисене ытларах ирттерме пуçларĕç, экскурсисем те час-часах пулаççĕ. Пур ачасем те лайăх вĕреннипе палăрса тăракан шкулсемпе классен шучĕ нумайланчĕ. Учительсем хăйсене шанса панă ĕçри ответлăха ытларах туякан пулчĕç.

Вĕренÿ çулĕн виçĕ чĕрĕкĕнче Сĕнтĕрвăрри, Муркаш, Ишлей тата ытти хăшпĕр районсенчи шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçĕн результачĕсем лайăх пулни палăрчĕ. Ку районсенчи шкулсенче вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайманнисем сахалланчĕç. Чылай шкулсенче вĕренекенсем пур предметпа та ĕлкĕрсе пыраççĕ, тарăн та çирĕп пĕлÿ илеççĕ. Шупашкарти шкулсенче вĕренÿре ĕлкĕрсе пыракан ачасен йышĕ чылай ÿсрĕ. Опытлă учительсем вĕренÿ çулĕ пуçланнăранпах шкул ачисене мĕн вĕреннине тепĕр хут аса илтерсе пычĕç, ачасен пĕлĕвĕсене çирĕплетме тăрăшрĕç.

Анчах республикăри нумай шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ кирлĕ пек пулса пымасть-ха. Хĕрлĕ Чутайри вăтам шкулта вĕренекенсенчен 36 проценчĕ ĕлкĕрсе пыраймасть. Çĕрпÿ районĕнче пĕтĕмпе 27 шкул пулсан, 16 шкулта виççĕмĕш чĕрĕкре ĕлкĕрсе пырайманнисен йышĕ ÿснĕ, 39 ача шкула çÿреме пăрахнă. Республикăри шкулсенче вырăс чĕлхипе, математикăпа, физикăпа тата чăваш чĕлхипе ĕлкĕрсе пырайманнисен йышĕ уйрăмах пысăк. Çакă вăл хăшпĕр учительсем ачасене çирĕп пĕлÿ парас, тĕплĕ вĕрентес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленинчен килет. Учительсем хушшинче шкул ачисене наука никĕсĕсене вĕрентес ĕçе ячĕшĕн çеç туса пыракансем те тупăнаççĕ-ха. Çавăн пек учительсем урока начар хатĕрленеççĕ, урока идейăпа теори тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр ирттереççĕ, ачасене вĕрентес ĕçĕн методикине çителĕксĕр пĕлеççĕ, ачасене харпăр хăй тĕллĕн вĕренме кирлĕ пек хăнăхтарса пымаççĕ.

Шкулсенче ĕлкĕрсе пырайман ачасем йышлă пулнин тĕп сăлтавĕ—хăшпĕр шкулсен руководителĕсем тата халăха вĕрентес ĕç органĕсем шкулти ĕçсене тăтăшах тĕрĕслесе тăманнинче. Шупашкар районĕнче икĕ вăтам шкул, ултă çичĕ çул вĕренмелли шкул тата ултă пуçламăш шкул ĕçĕсене кăçал пачах тĕрĕслемен. Халăха вĕрентес ĕç органĕсен инспекторĕсенчен хăшпĕрисем шкулсене çиелтен çеç тĕрĕслеççĕ, шкулсен ĕçне лайăхлатма сахал пулăшаççĕ. Республика Сутĕç министерстви хăйĕн вырăнти органĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăрас тата ертсе пырас енĕпе çителĕксĕр тăрăшать.

Шкулсене ертсе пырас ĕçри тепĕр çитменлĕх çакăн пек: хăшпĕр райисполкомсемпе парти райкомĕсем халăха вĕрентес ĕç мĕнле пынипе сахал интересленеççĕ, педагогика кадрĕсене воспитани парас, вĕсен идейăпа теори тĕлĕшĕнчи шайне тата квалификацине ÿстерес ĕçсене йĕркелеме сахал тăрăшаççĕ. Партин Советски райкомĕ вĕренÿ çулĕн малтанхи çурçулĕнче шкулсен ĕçĕсем çинчен пачах сÿтсе явман. Çав вăхăтрах районти шкулсенче çитменлĕхсем нумай, вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайманнисем йышлă. Партин Сĕнтĕр райкомĕ те вĕренÿ çулĕн малтанхи çурçулĕнче шкулсен ĕçĕсем çинчен пĕр ыйту та пăхса тухман. Райком шкулсенчи пуçламăш парторганизацисене çителĕксĕр ертсе пырать. Советскипе Сĕнтĕр райисполкомĕсем шкулсен ĕçне лайăхлатас пирки кулленхи пурнăçран тухса тăракан ыйтусене вăхăтра татса паманççĕ. Чылай районсенче партипе совет органĕсен работникĕсем шкулсене сайра хутра çеç кĕрсе тухаççĕ.

Вĕренÿ çулне ăнăçлă вĕçлесси шкулсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтернинчен килет. Ку вăл партипе совет тата халăха вĕрентес ĕç органĕсене шкулсен ĕçĕпе ытларах интересленме, шкулсене ертсе пырас ĕçе тататкăланах вăйлатма хушать. Учительсемпе шкулсен руководителĕсен ĕçри ответлăхне нихçанхинчен ытларах ÿстерни кирлĕ.

Шкулсен, учительсен паянхи ответлă ĕçĕ, вĕрентÿ программинче палăртнă материалсене малалла вĕрентсе пынипе пĕрлех, ачасене халиччен вĕреннине аса илтерес ĕçе тĕрĕс йĕркелесси пулать. Вĕренÿ çулĕн юлашки чĕрĕкĕнче кашни шкулăн тата учителĕн ĕçне вĕренекенсене экзамена хатĕрлес ĕçе пăхăнтармалла. Çак тапхăрти ĕçсен планĕсене тĕплĕ шухăшласа тумалла, çирĕппĕн пурнăçласа пымалла. Вĕрентÿ программи тăрăх хальхи вĕренÿ çулĕнче вĕрентме палăртнисене пĕтĕмпех вĕрентесси, малтан вĕреннисене аса илтересси, çапла майпа шкул ачисен пĕлĕвĕсене çирĕплетесси—кашни учителĕн тивĕçĕ. Экзамен умĕн шкул ачисене унччен мĕн вĕреннине пĕтĕмпех аса илтерме вăхăт çитмест ĕнтĕ, çавăнпа та ачасем мĕн çинчен лайăх ăнланса илейменнине шута илсе, чи малтан çав материала тĕплĕн ăнлантарса парас пулать.

Экзамена хатĕрленнĕ вăхăтра кашни вĕренекенпе уйрăммăн ĕçлесси тĕп вырăнта тăмалла. Вĕренÿ çулĕ тăршшĕнче кашни учитель хăйĕн вĕренекенĕсене лайăх пĕлсе çитнĕ. Çавăнпа вăл кашни ачана вĕренÿре ăнăçлă пулăшма пултарать. Кунпа пĕр вăхăтрах группăсенче консультациллĕ занятисем тата программăн уйрăм пайĕсем тăрăх обзорлă лекцисем ирттермелле. Лабораторисенчи занятисене ытларах ирттерни, ачасене опытсем тутарни, экскурсисене илсе кайни ачасен пĕлĕвĕсене çирĕплетме, практикăлла ĕçе хăнăхтарма май парать. Халĕ уйрăм предметсемпе занятисене класс тулашĕнче, промышленность предприятийĕсенче, МТС-сенче, колхозсенче ирттерме пулать. Çакă вăл ачасен теорилле пĕлĕвĕсене çирĕплетме чылай пулăшĕ.

Экзамена хатĕрленнĕ вăхăтра кашни шкулта тата кашни лабораторире дежурнăй-учитель пулмалла, ĕç вăхăтĕнче библиотекăсем яланах уçă тăмалла. Вĕренекенсем кирек хăш вăхăтра та хăйсем тавçăрса илеймен ыйту пирки учительтен ыйтса пĕлме, наглядлăй пособисемпе, таблицăсемпе усă курма пултарччăр. Кашни шкултах иртнĕ çулсенчи экзаменсем вăхăтĕнче вĕренекенсем çырнă чи лайăх контрольнăй ĕçсен выставкисене тумалла. Халĕ класс тулашĕнчи тата шкул тулашĕнчи ĕçсем пĕтĕмпех экзамена хатĕрленессипе çыхăнса тăмалла. Вĕренекенсен ĕçĕпе канăвне пĕлсе тата тĕрĕс организацилес пулать, вĕсене вĕренÿпе çыхăнман ытти ĕçсене тутарас пулмасть.

Экзаменсене лайăх хатĕрленсе ирттересси государствăн пысăк ĕçĕ. Çавăнпа та парти, совет, комсомол тата профсоюз организацийĕсен çак ĕç çине тимлĕ пăхас пулать. Экзамена хатĕрленес ыйтупа вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсен, шкулсенчи парти, комсомол тата пионер организацийĕсен пухăвĕсене ирттерни çак ĕçе лайăх йĕркелеме пĕтĕм общественноçа хутшăнтарма май парать.

Шкулсенчи экзаменсем вĕренекенсен пĕлĕвĕсене тĕрĕслени çеç мар, пĕтĕм шкулăн ĕçне тĕрĕслени пулса тăраççĕ. Шкулсенчи çитменлĕхсене пĕтĕмпех палăртма, çитменлĕхсене çиеле чех пĕтерсе пыма мĕнпур учительсене мобилизацилеме самокритикăпа аялтан килекен критикăна вăйлатни нумай пулăшать.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕ шкулсенче ачасене коммунизмла воспитани парас ĕçе малалла лайăхлатса пыма, вăтам шкулта политехникăлла вĕренĕве пурнăçлама тытăнма тата пур çĕрте те политехникăлла вĕренĕве куçма кирлĕ ĕçсем туса ирттерме хушрĕ. Халăха вĕрентес ĕçри работниксен çак задачăсене пурнăçлассишĕн çине тăрса кĕрешес пулать.

## В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал çинче навигаци уçăлнă

ЦИМЛЯНСКИЙ, апрелĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Паян кунта Атăл çинчен «Композитор Варламов» теплоход килсе çитнĕ. Вăл кăçалхи навигацире чи малтан В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал тăрăх тухса, Цимлянски тинĕсĕ урлă ишсе каçнă.

ТАСС корреспонденчĕпе калаçнă чухне теплоход капитанĕ Миненко юлташ çапла каласа панă:

— Пирĕн теплоход команди çак канал тăрăх пирвайхи хут тухрĕ. Çапах та Красноармейскинчен Цимлянски портне лайăх çитрĕмĕр.

Пĕрремĕш шлюз камерине эпир апрелĕн 15-мĕшĕнче 17 сехетре кĕтĕмĕр. Шлюзсем витĕр ăнăçлă тухрăмăр. «Композитор Варламов» теплоход канал тăрăх 17 сехет хушшинче ишсе тухрĕ.

Паян 5 сехет те 30 минутра эпир Цимлянски портне çитрĕмĕр. Цимлянски тинĕсĕ урлă теплоход 12,5 сехет хушшинче ишсе тухрĕ.

### Аслă стройкăсем валли

УГЛИЧ (Ярославль облаçĕ), апрелĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Угличри механически завод Куйбышевпа Сталинград гидроузелĕсем, Каховкăри гидроэлектростанци строительстви валли, çĕршыври ытти стройкăсем валли те продукци туса парать. Предприяти коллективĕ земснарядсем, понтонсем, трубасем, насуссем, металл конструкцийĕсем, гидробурсем туса кăларать. Юлашки 1,5 уйăх хушшинче завод стройкăсем валли гидротехника оборудованийĕ 200 вагон тиесе ăсатнă.

Аслă стройкăсен хисеплĕ заказĕсене пурнăçласа, машиностроительсем пуçарулла ĕçлеççĕ. Хурансем тăвакан цехри новаторсем пуçарнипе ĕç тухăçлăхĕ 8 хут ÿснĕ.

Заводри станочниксем нумай детальсене хăвăртрах туса кăларма тытăннă.

# Совет Союзĕ тăрăх

★

### Агрыз—Пронино—Сургут чугун çулне тунă çĕрте

ХУСАН. Партин XIX-мĕш съездĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх план тăрăх йышăннă директивăсенче Агрыз—Пронино—Сургут чугун çулне тума палăртнă. Агрыз—Пронино—Сургут чугун çулĕн пысăк пайĕ Тутар республикин çурçĕр-хĕвелтухăç енчен пуçласа кăнтăр-хĕвелтухăçнелле иртет. Вăл Тутарстана Çурçĕр Уралпа, Атăл тăрăхĕнчи облаçсемпе тата крайсемпе, Кавказпа тата Украинăпа çыхăнтармалла, республикăри чылай районсене, уйрăммăнах нефть кăларакан районсене экономика тата культура тĕлĕшĕнчен аталантарассинче пысăк вырăн йышăнмалла.

Сургут—Пронино, Пронино—Бугульма, Бугульма—Агрыз çулĕсене тăвакан рабочисен, инженерсен тата техниксен коллективĕсем сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн заданине планла палăртнă срокран икĕ çул малтан пурнăçа кĕртме, Агрыз—Пронино—Сургут чугун çулне кăçалхи декабрь уйăхĕнче пĕтĕмпех туса пĕтерме çирĕп сăмах пачĕç. Пысăк обязательствăна чыслăн пурнăçлама чугун çул тăвакансене республикăри нефть промышленноçĕн строителĕсем те активлăн пулăшаççĕ.

Агрыз—Пронино—Сургут чугун çулне тăвас ĕç кунтан-кун анлăнрах сарăлса пырать. Çак чугун çула тăвас ĕçе пĕтĕм çĕршыври ĕççыннисем хутшăнаççĕ. Çул тума тĕрлĕ республикăсенчен рабочисем, инженерсем, техниксем йышлăн килсе тăраççĕ. Юлашки вăхăтра строительство участокĕсене экскаваторсем, бульдозерсем, автомашинăсем тата ытти механизмсем нумай илсе пынă.

Хальхи вăхăтра Акташ разъездĕнчен пуçласа çĕнĕрен тунă пирвайхи разъезда строительство материалĕсем тиенĕ составсем пырса тăраççĕ. Кăçалхи ĕç программине пурнăçлама 4 миллион кубометр чухлĕ çĕр ĕçĕ тумалла. Çул çинче 200 яхăн кĕпер хывмалла, чугун çул станцийĕсем, разъездсем, складсем тумалли вырăнсене хатĕрлемелле т. ыт. те. Çывăх вăхăтрах Агрыз станцийĕнчен пуçласа Кама юханшывĕ хушшинчи участокра та строительство ĕçĕ пуçланмалла. Кама юханшывĕ урлă пысăк кĕпер хывас ĕç пуçланмалла.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн тăваттăмĕш çулĕнче хăватлă локомобильсем çĕнĕ чугун çул тăрăх Тутарстанри нефть предприятийĕсем валли йывăр оборудованипе строительство материалĕсем илсе килме тытăнĕç. Цистернăсемпе Тутар республикинче кăларакан нефте социализмла Тăван çĕршывăн халăх хуçалăхĕ валли татти-сыпписĕр турттарса тăрĕç.

Украинăри ялсенче электростанцисен шучĕ ÿссех пырать. Кăçал республикăри ялсенче 50 гидроэлектростанци тата топливăпа ĕçлекен 15 электростанци лартаççĕ. Киев облаçĕнчи колхозсем ялхуçалăх производствине электрификацилессине хăвăрт туса пыраççĕ. 1952 çул вĕçĕнче 5 район пĕрле лартнă Стеблевски ГЭС ĕçе кĕнĕ. Çĕнĕ электростанци хăвачĕ—2.770 киловатт. Çак ГЭС районти колхозсене электроэнерги парса тăрать.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Стеблевски ГЭС.

Н. КРЫЛОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Каховкăри стройкăра

НОВАЯ КАХОВКА, апрелĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Днепрăн сылтăм çыранĕ—çÿлĕ вырăн. Кунтан Каховкăри строительство пĕтĕмпех курăнать. Строительство вырăнне иртнĕ çулхи çуркунне мĕнле пулнипе танлаштарса пăхсан, пысăк уйрăмлăх курăтăн. Çулталăк каялла Днепр айлăмĕнче земснарядсем, бульдозерсем ĕçленĕ, геологсен вышкисем курăннă. Халĕ кунта аслă стройкăри ĕç сарăлса кайнă. Çынсем юханшыва аяккалла пăрнă. Виçĕ енчен перемычкăсемпе хÿтĕленĕ пысăк вырăнта строительсем тăрăшса ĕçлеççĕ.

Перемычкăсем туса 30 гектарлă вырăна çуркуннехи шывран хÿтĕленĕ. Кунта пысăк кÿлĕ пулса тăнă. Кÿлĕ тарăнăшĕ 14 метр. Ку вăл—Каховка гидроэлектростанци котлованĕ. Котлованран шыв уçласа кăларма 82 насус вырнаçтарса лартаççĕ. Кашни насусĕ пĕр минутра 70 кубометр шыв уçласа кăларма пултарать. Михаил Колесов бригади, Май уявĕ умĕнхи стахановла вахтăна тăрса, шыв уçласа кăлармалли оборудовани вырнаçтарса лартмалли плана кашни кунах ирттерсе тултарать.

Шлюз тунă çĕрте ĕç пысăк хăвăртлăхпа сарăлса пырать. Кунта В. Шульга тата В. Демченко бетонщиксем, С. Иваненко, В. Чувпыло тата ытти стахановецсем чапа тухнă. Вĕсем пысăк тухăçлăхпа ĕçлеççĕ. Гидроузелăн тĕп сооруженийĕсен никĕсне тума 1.300.000 кубометр бетон хумалла. Бетон хатĕрлеме автоматизациленĕ бетон завочĕ тăваççĕ. Строительство площадкине бетон илсе пыма ятарласа тунă эстакада пулать.

### Обязательствăна срокчен пурнăçланă

СТАЛИНО, апрелĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). «Ново-Мушкетово» шахта коллективĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе илнĕ обязательствăсенче çĕр кăмрăкĕн хăйне ларакан хакне йÿнетме палăртнă. Горняксем çĕр кăмрăкĕ кăлармалли плана ирттерсе тултарма, праçникчен 170.000 тенкĕ перекетлесе хăварма пулнă. Вĕсем çак обязательствăна срокчен пурнăçланă.

Паян шахтăран плантан ирттерсе кăларнă çĕр кăмрăкĕ тăваттăмĕш эшелон тиесе ăсатнă. Çулталăк пуçланнăранпа шахта коллективĕ 200 пин тенкĕ ытла перекетлесе хăварнă.

★

### Çĕршыври уй-хирсенче

ПЕНЗА. Облаçри колхозсенче типсе çитнĕ вырăнсене сухалама тата çерем çĕтме тытăннă. Нижне-Ломовски, Тамалински, Поимски районĕсенче уй-хире тракторсем тухнă. Кăçалхи çуракинче сухалас тата культиваци тăвас ĕçе пĕтĕмпех машинăсемпе тăваççĕ. Тракторсемпе иртнĕ çулхинчен пĕр миллион гектар ытларах ĕçлемелле.

Облаçри кăнтăр енчи районсенче кĕрхи çĕртме тунă вырăнсене сÿрелеççĕ.

КАЛИНИНГРАД. Облаçри уй-хирсенче сĕлĕ, урпа тата тулă калчи лайăх шăтса тухнă. Гурьевски тата Приморьски районĕсенчи малта пыракан колхозсем хĕреслĕ майпа тата ансăр ретпе иртнĕ çулхинчен икĕ хут ытларах акса хăварнă. Халĕ колхозсем калчасене лайăх пăхса ÿстермелли агротехникăллă ĕçсене тăваççĕ. Çуртырисен калчисене апат пама тытăннă.

Пахча çимĕçсемпе тымарçимĕçсем акас тата çĕрулми лартас ĕç пур çĕрте те пуçланнă. МТС-сем ирхи çĕртме тума тытăннă.

Апрелĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС).

### Праçник умĕнхи пасарсемпе ярмаркăсем

РИГА. Рига хулинче паян праçник умĕнхи пасар уçăлнă. Колхозсем хулари халăх валли тĕрлĕрен ялхуçалăх продукчĕсем илсе килнĕ. Пасарта аш-какайпа сĕт-çу уйрăмах нумай. Кунти пасара, Латвири ялхуçалăх артелĕсемсĕр пуçне, Литвари тата Белоруссири колхозсенчен те апат-çимĕç продукчĕсем нумай илсе килнĕ.

Рига хулинчи рыноксенче промышленность таварĕсем нумай сутаççĕ. Государствăн суту-илÿ организацийĕсем ларексем нумай уçнă.

ХАБАРОВСК. Кунта паян çуркуннехи ярмарка уçăлнă. Хабаровск çывăхĕнчен кăна мар, Амур облаçĕнчен тата Приморье крайĕнчен те колхозниксем ялхуçалăх продукчĕсем нумай илсе килнĕ. Рыноксенче промышленность таварĕсем сутассине организациленĕ. Колхозниксем костюмсемпе платьесем, атă-пушмак тата килте кирлĕ япаласем нумай туянаççĕ.

Ялхуçалăх продукчĕсем йÿнелнĕ. Çуркуннехи ярмарка çичĕ кун хушши пырать.

ЛУЦК. Кунта паян ярмарка уçăлнă. Ярмарка çывăхри районсенчен, çавăн пекех Николаев тата Днепропетровск облаçĕсенчен колхозниксем нумай килнĕ. Вĕсем выльăх-чĕрлĕх çăвĕ, ÿсентăран çăвĕ, сĕт продукчĕсем, аш-какай, пахча çимĕç, типĕтнĕ улма-çырла нумай илсе килнĕ. Пахча çимĕç, кĕрпе, сахăр тата ытти продуктсен хакĕ йÿнелнĕ.

Государствăпа кооперацин суту-илÿ организацийĕсем пир-авăр, тумтир, атă-пушмак, культура таварĕсем тата ытти таварсем те нумай сутаççĕ.

Апрелĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС).

# РЕСПУБЛИКА УЙ-ХИРĔСЕНЧЕ

★

### ĔÇ САРĂЛСА ПЫРАТЬ

ПЕРВОМАЙСКИ, апрелĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти колхозсем кĕрхи тырăсене тата нумай çул ÿсекен курăксене удобрени памалли плана 60 процент тултарчĕç. «Комсомолец», Молотов ячĕпе, Шверник ячĕпе тăракан, «Большевик», «Путь коммунизма» колхозсем çак ĕçе пысăк пахалăхпа туса ирттерчĕç.

«Путь социализма» колхоз бригадисем ĕнер кĕрхи çĕртме тунă вырăнсене сÿрелеме тата культиваци тума тытăнчĕç. «Комсомолец», Жданов ячĕпе тăракан колхозсенче ĕçлекен трактор бригадисем сухалама пуçларĕç. Жданов ячĕпе тăракан колхоз йĕтĕн акмалли вырăнти çереме тракторпа сухалаттарчĕ.

**Н. АНДРЕЕВ,**
**районти ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ.**

### ПЫСĂК ОТВЕТЛĂХПА

МУРКАШ, апрелĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Тăпра питĕ хăвăрт типсе пырать. Ыран-паянах пур тĕрлĕ тырăсене те массăллăн акма тытăнмалла.

Апрелĕн 19-мĕшĕнче пирĕн колхоз бригадисем сухалама тытăнчĕç. Иртнĕ çулта кĕрхи çĕртме туман вырăнсене сĕлĕ акма сухалаççĕ.

Ыран колхозра ĕçлекен трактор бригади пур тракторсемпе те кĕрхи çĕртме тунă вырăнсене сÿрелеме тухать. Кĕрхи çĕртме тунă вырăнсене 200 гектар тата 100 гектар çинче ыраш калчине сÿрелесе, тăпрари нÿрĕке упраса хăвармалла. Ку ĕçе ик-виçĕ кун хушшинче тумалла. Паян бригадăсем дисклă сеялкăсемпе ыраш калчи çине клевер акма тытăнчĕç. Агроном ертсе пынипе çĕрулми вăрлăхне 465 центнер яровизацилеме хутăмăр.

**А. МОИСЕЕВ,**
**«Красное Сормово» колхоз председателĕ.**

### Курăксен вăррине сеялкăсемпе ретлĕн акар

Халиччен эпир нумай çул ÿсекен курăксене çуркунне çĕр ăшăнса çитиччен алăпа сапса акнă. Анчах алăпа аксан вăрлăх пĕрчисем нумайăшĕ тăпра çинчех выртса юлаççĕ. Вĕсем хĕн курса шăтаççĕ, шăтмасăр та юлаççĕ. Типĕ çанталăк пуçлансан, хĕн курса шăтнă имшер калчасем типсе лараççĕ, вара клевер акнă вырăнсем тĕллĕн-тĕллĕн çаралса юлаççĕ.

Тăпра çинче выртса сăмсаланнă пĕрчĕсем вĕçен кайăксемшĕн тутлă апат пулса тăраççĕ.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви кăçал колхозсенче курăксене алăпа акма чарнă, сеялкăсемпе кăна акма хушнă.

Шупашкар районĕнчи Госсортоучасткра нумай çул ÿсекен курăксене 15 çул хушши ĕнтĕ сошниклĕ тата дисклă сеялкăсемпе акса тăватпăр. Кĕрхи тырăсен калчине сÿрелеме тытăнсанах, кашни гектар çине 14-шар килограмм клевер тата 5-шер килограмм тимофеевка вăрлăхне сеялкăсемпе 1—2 сантиметр тарăнăшне, типĕ çулсенче—3 сантиметр тарăнăшне акса хăваратпăр. Клеверпа тимофеевка ути гектар çинчен 70-шер центнер, хăш çулсенче унтан та ытларах тухать.

Нумай çул ÿсекен курăксен вăррисем питĕ вĕтĕ. Çавăнпа та сеялкăсене курăк вăррисене акмалли нормăна лартма йывăр. Кун пек чухне курăк вăррисене тĕрлĕрен япаласемпе хутăштарса акас пулать. Эпир хутăштарма вĕри кăмакара хĕртнĕ вир хуппине илетпĕр. Курăксен вăрлăхĕн кашни килограмĕ пуçне вир хуппине 1,5 килограмм таран илмелле.

Типĕтнĕ тата аласа тасатнă пăчкă кĕрпипе, кăмрăкпа хутăштарса акма та юрать. Кăмака кĕлĕпе те усă курма пулать. Кĕл курăксемшĕн лайăх удобрени те пулать.

Нумай çул ÿсекен курăксен вăрлăхне гектар пуçне 50-шар килограмм пĕрчĕлетнĕ суперфосфатпа хутăштарса аксан, курăксен тухăçлăхĕ пысăкрах пулать. Анчах курăксен вăррине пĕрчĕлетнĕ суперфосфатпа акас умĕн кăна хутăштарма юрать.

Клевер вăррин хуçалăхла юрăхлăхĕ 100 процент пулсан, ăна пĕр гектар çине 14 килограмм акмалла. Сăмахран, кăçал акакан вăрлăхăн хуçалăхла юрăхлăхĕ 88 процент кăна пултăр. Кун пек чухне кашни килограмм вăрлăха эпир пĕр килограмм урăх япалапа хутăштарма сĕнетпĕр. Вара вăрлăха хутăштарса хатĕрленĕ 2 килограмра: таса, шăтма пултаракан курăк вăрри—880 грамм, шăтма юрăхсăра тухнă вăрă тата ытти вĕтĕ çÿп-çап пурĕ—120 грамм тата 1.000 грамм вир вăррин хуппи пулать. Çав хутăшăн хуçалăхра юрăхлăхне çапла шутласа илмелле: (880×100): 2.000. Вăл 44 процент пулать. Клевер вăрлăхне пĕр гектар çине 14 килограмм акас тесен, акма хатĕрленĕ хутăшăн гектар çине акмалли нормине çапла шутласа пĕлмелле: (14кг×100):44. Вăл 31,8 килограмм пулать. Çакăн чухлĕ хутăша кирек мĕнле сеялкăпа та акма пулать. Тимофеевка вăрлăхне (ăна кĕркунне акса хăварман пулсан) кашни гектар çине 5-шер килограмм таран хушса акатпăр.

**С. ГРИГОРЬЕВ,**
**Шупашкар Госсортоучастокĕн заведующийĕ.**

★

### КУРĂКСЕНЕ ЛАЙĂХ АКСА ХĂВАРАТПĂР

ЧУРАЧĂК. Пирĕн колхозниксем тĕштырăсемпе нумай çул ÿсекен курăксен тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе малта пыракан агротехникăна пурнăçласа пыраççĕ.

Тăватă колхозпа пĕрлешнĕ хыççăн, колхозăн акакан çĕр лаптăкĕ тата общественлла выльăх-чĕрлĕхĕн йышĕ чылай пысăкланчĕç. Артелĕн общественлла хуçалăхĕ нумай енлĕ аталанса пыма пуçларĕ.

Тăпра пуххăçлăхне ÿстерес шутпа кăçал эпир минераллă удобренисем 100 тонна хатĕрлерĕмĕр, çавăнпа пĕрлех тăпра кĕрпеклĕхне тума нумай çул ÿсекен курăксем ытларах акатпăр.

Иртнĕ çулсенче акнă курăксем пирĕн 65 гектар йышăнаççĕ. 42 гектар çинчи курăка удобрени салса апат патăмăр. Юр ирĕлсе пынă май курăксене пурне те удобренисем паратпăр.

Кăçал нумай çул ÿсекен курăксем 45 гектар акатпăр. Тăпра писсе пынă май вĕсене эпир çиеле чех сеялкăсемпе акса хăваратпăр. Клевер, тимофеевка вăрлăхĕсем пирĕн çителĕклĕ.

**П. ВЛАДИМИРОВ,**
**Калинин ячĕпе тăракан колхоз счетоводĕ.**

### ВĂРЛĂХА ВУТПУÇÇИРЕН ТАСАТАÇÇĔ

ЕЛЧĔК, апрелĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти Ленин ячĕпе, Свердлов ячĕпе тăракан тата «Трактор», «Пахарь» колхозсем çурхи тулă вăрлăхне, акма юрăхлă кондицие лартнă хыççăн, ядсемпе вутпуççирен тасатса хунă.

Ленин ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ ярнере 400 центнер, «Пахарь» колхоз 200 центнер тулă вăрлăхне «АБ» препаратпа сапнă.

**В. ГАЛКИНА,**
**ялхуçалăх пайĕн главнăй агрономĕ.**

ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Механизаторсен кадрĕсемпе ĕçлесси

Кадрсене тĕрĕс суйласа илес тата вĕсене воспитани парас ĕçе Коммунистсен партийĕ яланах пысăка хурса хаклать.

«Партипе государствăн ертсе пырас ĕçĕнче,— терĕ Г. М. Маленков юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче,— тĕп вăй кадрсем пулса тăраççĕ, вĕсене тĕрĕс суйласа илмесĕр тата воспитани памасăр партин политикăлла çул-йĕрне пурнăçа ăнăçлă кĕртсе пыма май çук. Кадрсем суйласа илес ĕçри тĕп задача вăл работниксен йышĕн пахалăхне пур майсемпе те лайăхлатасси, парти, государство тата хуçалăх организацийĕсене партипе государство интересĕсене парăннă, ĕçе лайăх пĕлекен тата ăна малалла илсе пыма пултаракан çынсемпе çирĕплетесси пулать».

Вăрнарти машина-трактор станцийĕн дирекцийĕпе парторганизаци хăйĕн кулленхи ĕçĕнче çак кăтартусене яланах тĕплĕн шута илме тăрăшаççĕ. Эпир кадрсемпе ĕçлессине пĕр самантлăха та манмастпăр, кадрсене тăтăшах ÿстеретпĕр, пултарулăхне кура вĕсене ĕçе уйăрса лартатпăр. Хĕрÿ ĕçсем пуçланас умĕн МТС дирекцийĕ кадрсен пахалăхне тепĕр хут пăхса тухать, мĕнпур вăйсене ответлă участоксем тăрăх вырнаçтарать.

Трактор бригадисене ĕçлеме пултаракан çынсемпе çирĕплетесси МТС дирекцийĕсен чи малтанхи тивĕçĕ. Çак задача, пуринчен малтан, пирĕн машина-трактор станцийĕсем çулленех вăйлă техникăпа пуянланса пынинчен тухса тăрать. Чăннипех те ĕнтĕ пирĕн техника пуян та хăватлă. Çав техникăпа МТС-ра 150 тракториста яхăн, çавăн пекех комбайнерсемпе вĕсен помощникĕсем, прицепщиксем, машинистсем тата ытти тĕрлĕ специалистсем ĕçлеççĕ. Механизаторсен йышĕ 300 çынтан иртет.

Трактор бригадисенче ĕçлеме, бригадирсемпе вĕсен помощникĕсенчен пуçласа прицепщиксем таранах, çынсем уйăрса лартассине эпир колхоз правленийĕсемпе пĕрле тăватпăр. Бригада хăш колхозра ĕçлет, бригадăра ĕçлеме çыннисене те çав колхозранах уйăрса лартма тăрăшатпăр. Трактор бригадине пулăшакансене— прицепщиксемпе лавçăсене, апат хатĕрлекенсене тата ытти çынсене те—ялхуçалăх çулĕ тăршшĕпех ĕçлеме çирĕплететпĕр.

Пире колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем те пысăк пулăшу параççĕ. Çавна пула эпир кашни трактор бригадине, ĕçĕн кашни участокне коммунистсемпе, комсомолецсемпе тата ĕçре малта пыракан çынсемпе çирĕплетме пултартăмăр. Калас пулать, МТС-ра ĕçлекен кадрсене колхоз правленийĕсемпе тата пуçламăш парторганизацисемпе пĕрле килĕштерсе уйăрса лартни пысăк усă парать, механизаторсен ĕçне тĕрлĕ енчен тĕрĕслесе тăма, вĕсен ответлăхне ÿстерме пулăшать.

Эпир хамăрăн кадрсене ĕçре нумай вăхăтлăха çирĕплетме тăрăшатпăр. Ку тĕлĕшпе пирĕн хăшпĕр паха опыт та пур ĕнтĕ. Нумай трактористсем, бригадирсемпе вĕсен помощникĕсем МТС организацилениĕренпех пĕр татăлмасăр ĕçлеççĕ. Мĕнпур трактористсенчен 59 проценчĕ машина-трактор станцийĕнче вуншар çултан кая мар ĕçлет.

1931 çултанпа ĕçлекен бригадирсем П. Тойдеряков, И. Алексеев, И. Николаев юлташсем хăйсен пархатарлă ĕçĕпе мухтава тухрĕç. Тырпул тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçленĕшĕн П. Тойдеряков юлташа партипе правительство Ленин орденĕпе тата Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă. Хастарлă бригадир темиçе хутчен Пĕтĕм Союзри Ялхуçалăх выставкин участникĕ пулма тивĕçлĕ пулнă. Улттăмĕш трактор бригадин бригадирĕ И. Николаев юлташа Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланă. Районти ĕççыннисем иртнĕ суйлавра И. Николаев юлташа район Советне депутата суйларĕç.

Трактористсемпе комбайнерсене лайăх пăхса ĕçлеттернĕшĕн, тырпул тухăçлăхне ÿстернĕшĕн МТС-ри 21 механизатора Совет Союзĕн орденĕсемпе тата медалĕсемпе наградăланă. Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозра ĕçлекен трактор бригадин бригадирĕ И. Пронькин юлташ Социализмла Ĕç Геройĕн хисеплĕ ятне тата икĕ хутчен Ленин орденĕ илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Татти-сыпписĕр нумай çул хушши ĕçлекен механизаторсем ĕç тухăçлăхне çулсеренех ÿстерсе пыраççĕ, техникăна мĕн май пур таран тĕплĕн вĕренсе çитеççĕ. Кăна эпир иртнĕ çулхи тĕслĕхсемпе те лайăх çирĕплетсе пама пултаратпăр. Нумай çул хушши ĕçлекен трактористсем Ф. Якимовпа И. Доманин юлташсем иртнĕ çулта СТЗ-НАТИ тракторпа планпа пăхнă 1.200 гектар вырăнне 1.618 гектар сухаланă чухлĕ ĕç турĕç, çав хушăрах 641 килограмм горючи перекетлерĕç. Сталин ячĕпе тăракан колхозра ĕçлекен трактористсем Я. Гусихинпа А. Храмов юлташсем СТЗ-НАТИ тракторпа 1.200 гектар вырăнне 1.746 гектар сухаланă чухлĕ ĕç турĕç, пĕр тонна ытла горючи перекетлерĕç. Тăваттăмĕш бригадăри аслă тракторист А. Макаров юлташ, Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕпе наградăланăскер, ДТ-54 тракторпа ĕçлесе, хăйĕн сменинче 972 гектар чухлĕ ĕç турĕ.

Кадрсемпе ĕçлесси, паллах, вĕсене вырнаçтарса тухнипе вĕçленмест. Вĕсене куллен вĕрентсе, коммунизмла воспитани парса пыни, вĕсен квалификацине ÿстерни кирлĕ. Пирĕн МТС-ра механизаторсенчен нумайăшне политикăлла вĕреневе хутшăнтарнă. Чылайăшĕ парти историйĕн кĕске курсне, И. В. Сталин биографине вĕренмелли кружоксене çÿреççĕ. Хальхи вăхăтра Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕн материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă ĕçне вĕренеççĕ.

Уйрăмах лекцилле пропаганда пысăк вырăн йышăнса тăрать. Пирĕн МТС-ри ответлă работниксем—директор Андреев юлташ тата унăн заместителĕсем, парторганизаци секретарĕ Павлов, Павлунин тата ытти юлташсем те механизаторсене политикăлла темăсем тăрăх час-часах лекцисем вуласа параççĕ. КПСС Чăваш обкомĕн лекторĕсем те МТС-ра лекцисем сахал мар вуласа пачĕ.

Политика тĕлĕшĕнчен ăнланулă тата производствăри активлă юлташсене политикăлла-массăлла ĕç туса пыма хутшăнтаратпăр. МТС-ра пурĕ 34 агитатор ĕçлет. Агитаторсенчен уйрăмах Социализмла Ĕç Геройĕ Пронькин юлташ, çавăн пекех Тойдеряков, Алексеев, Павлунин бригадирсем, чи лайăх трактористсем Макаров, Якимов юлташсем лайăх ĕçленине палăртмалла. Вĕсем хăйсен хĕрÿллĕ ĕçĕсемпе тата сăмахĕсемпе мĕнпур механизаторсене ÿсĕмсем тума хавхалантараççĕ.

Трактористсене, трактор бригадисен бригадирĕсене 120 сехетлĕ программа тăрăх вĕрентмелли кружок тунă. Унта 121 çын вĕренет. Механизаторсен квалификацине ÿстерес тĕлĕшпе кружок чылай пысăк пулăшу пачĕ. Эпир ăна çакăнтан та аван куратпăр. Кун пек кружок пирĕн иртнĕ çулта та ĕçленĕччĕ. Ун чухне вĕренсе иккĕмĕш категорири тракторист ятне илнĕ 48 çын кăçал пĕррмĕш категорири тракторист ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Механизаторсем ытларах хатĕрлес тĕлĕшпе çулсеренех тĕрлĕ ĕçсем тăватпăр. Трактористсем хатĕрлемелли курсран нумаях пулмасть 32 çын вĕренсе тухрĕ. Çĕнĕ вăй пирĕн пĕтĕмĕшле задачăсене пурнăçлас ĕçре пысăк пулăшу парасса нимĕн иккĕленмесĕр шанса тăратпăр.

Дирекципе парторганизаци МТС механизмĕсемпе ĕçлекен колхозниксен квалификацине ÿстерес ĕçе те пысăка хурса хаклаççĕ. Кăкарса ĕçлемелли машинăсемпе ĕçлекен колхозниксенчен нумайăшĕ трактористсен курсĕнчен вĕренсе тухнă. Вĕсем 3—4-шар çул ĕнтĕ хăйсен вырăнĕсенче трактористсем пулса ĕçлеççĕ. Халĕ кăна ĕçе хутшăнтарнă колхозниксене те курсра вĕрентетпĕр.

Тырпул тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тупăшне тăтăшах ÿстерсе пырасси халĕ ĕнтĕ ялхуçалăх механизаторĕсен ĕçри ăнăçлăхĕнчен ытларах килет. Çавăнпа та вĕсене суйласа илсе воспитани парас ĕç районти партипе совет органĕсен тивĕçĕ пулса тăрать. КПСС Вăрнар райкомĕ чи ответлă участоксенчи механизаторсене — бригадирсемпе вĕсен помощникĕсене, аслă трактористсене хăйĕн бюро ларăвĕнче çирĕплетет. Çакă вăл кашни механизаторăн ĕçри ответлăхне тата та ытларах ÿстерме пулăшать.

Партипе правительство механизаторсен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн ырми-канми тăрăшаççĕ. Пирĕн пурнăç куллен-кун чечекленсе пырать. Акă, иртнĕ çулхи улта уйăх хушшинче Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозра ĕçлесе, Я. Гусихин тракторист 800 ĕçкунĕ ытла турĕ. Хастарлă тракторист çав ĕçкунĕсемпе 3.212 килограмм тĕштырă, 3.300 тенкĕ ытла укçан илчĕ. Доманин, Якимов, Храмов, Макаров тата ытти трактористсем те ĕçшĕн тĕштырă, укçа нумай илчĕç. Пирĕн механизаторсенчен 7 çыннăн мотоциклсем, 96 çыннăн велосипедсем, 106 çыннăн çĕвĕ çĕлемелли машинăсем пур, Я. Кудрявцев юлташ çăмăл автомашина туянчĕ.

Механизаторсем çуракине тăрăшса хатĕрленчĕç. Чкаловски районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсен чĕнĕвне сÿтсе явнă май, пирĕн МТС коллективĕ иртнĕ çулхисенчен пысăкрах обязательствăсем илчĕ. Механизаторсем тракторпа тумалли мĕнпур ялхуçалăх ĕçĕсене кăçалхи октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне вĕçлеме, 15 лашалла вăйлă кашни тракторпа 500 гектар сухаланинчен кая мар ĕç тума, кашни самоходнăй комбайнпа 330 гектартан кая мар тырă вырма тата ытти енĕпе те тухăçлă ĕçлеме сăмах пачĕç. Социализмла Ĕç Геройĕ И. Пронькин юлташ ертсе пыракан трактор бригадин коллективĕ колхозри уй-хир бригадипе пĕрле кашни гектартан 35—40-шер центнер тĕштырă туса илме пулчĕ.

Пирĕн МТС Етĕрне тата Калинино районĕсенчи машина-трактор станцийĕсенче ĕçлекенсене социализмла ăмăртăва чĕнчĕ. Пирĕн коллектив çав ăмăртура мала тухассишĕн кĕрешет.

Ĕçре çитменлĕхсем пуррине те асăнмасăр хăварма май çук. Пирĕн трактористсемпе комбайнерсем хушшинче хĕрарăмсем ытла та сахал. Районĕпе илсен, тракторист пулса ĕçленĕ хĕрарăмсем 50 çын ытла. Анчах эпир вĕсене МТС ĕçне хутшăнтарайман-ха. Паянхи куна 15 хĕрарăм кăна трактористсемпе комбайнерсем пулса ĕçлеççĕ.

Трактор бригадисенче ĕçлеме çынсем вырнаçтарас тĕлĕшпе те хăшпĕр çитменлĕхсем пулнă. Сăмахран, иртнĕ çулта пĕррмĕш трактор бригадинче ĕçлеме пĕр коммунист та уйăрманччĕ. Бригада çурхи ĕçсене тытăнсанах унта партилле влияни çукки палăрчĕ.

Хăшпĕр колхоз руководителĕсем кадрсене вăхăтра уйăрса параймаççĕ, вĕсене вĕрентме тăрăшмаççĕ. Калинин ячĕпе, Мăн Турханти Ленин ячĕпе, Каганович ячĕпе тăракан колхозсенче паянхи куна та ытти колхозсенчен пынă механизаторсем ытларах ĕçлеççĕ-ха.

Вăрнар МТС-ĕ механизаторсен кадрĕсене суйласа илсе ĕçе вырнаçтарас тата вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе малтанхи ÿсĕмсем турĕ. Кадрсемпе ĕçлессине партин XIX-мĕш съезчĕ тата И. В. Сталин юлташ хушнă пек туса пырса, эпир малашнехи ĕçре пысăкрах ÿсĕмсем тăвăпăр.

М. КРАСНОВ,
Вăрнар МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ.

# Парти вĕренĕвĕнчи çитменлĕхсене пĕтерер

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Январь уйăхĕнчен пуçласа парти вĕренĕвĕн пур сыпăкĕсенче те партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине вĕренме пуçларĕç. Чылай политшкулсемпе кружоксенче занятисем идея тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра иртеççĕ. Пропагандистсем вĕренĕве коммунизм строительствин практикăлла задачисемпе тачă çыхăнтараççĕ.

«Путь Ленина» колхозри пуçламăш парторганизацин парти историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх вĕренмелли кружокăн ĕçне палăртмалла. Унăн руководителĕ А. Гурьев юлташ занятисене тĕплĕн хатĕрленсе ирттерет, программăри материала вĕренекенсене ăнланмалла чĕлхепе каласа парать. Наглядлă пособисемпе усă курать. Занятисене вăл яланах юлташла калаçу меслечĕпе ирттерет. Вĕренекенсем занятисене йĕркеллĕ çÿреççĕ. Кружокра И. В. Сталин юлташ съезда тухса каланă сăмаха тата съездăн решенийĕсене вĕренсе пĕтернĕ. Юлашки кунсенче И. В. Сталина пытарнă чухне пулнă хурлăхлă митингра Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсене тата СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн материалĕсене вĕренчĕç.

Çавăн пекех «Красное Сормово», Димитров ячĕпе тăракан, «Урожай», «Лосасино» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен политшкулсемпе кружоксенче занятисем йĕркеллĕ иртеççĕ. Вĕсем пурте [illegible] пысăк [illegible] вĕренсен [illegible]. МТС-ра, райпотребсоюзра, «Вайсубино», «Большевик», «Партизан», Киров ячĕпе тăракан колхозсенчи политшкулсемпе кружоксем те хăйсен ĕçне лайăхлатрĕç.

Штатра тăман пропагандистсене пулăшас тĕлĕшпе КПСС райкомĕ чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Съезд материалĕсене вĕренме пуçланăранпа 4 семинар ирттернĕ. Унта теорилле докладсем тунă, çитес занятисенче вĕренмелли материалсем тăрăх методикăлла кăтартусем панă тата пропагандистсем пĕр-пĕрин опычĕпе паллашнă. Семинарсене яланах райком секретарĕсем ирттернĕ. Кунпа пĕрлех, пропагандистсене пулăшас тĕлĕшпе, вырăна кайса занятисем мĕнле иртнине тĕрĕслеççĕ. Çитменлĕхсене кружок руководителĕсене çийĕнчех кăтартса параççĕ.

Харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен коммунистсене пулăшма райком 18 консультант уйăрнă. Вĕсенчен кашнин çумнех 7—8 коммунист çирĕплетсе панă. Акă Т. Гурьев консультант (Именкассинчи вăтам шкул) вĕренÿре 6 коммуниста пулăшса пырать. Вĕсемпе тăтăшах консультацисем, калаçусем ирттерет, вĕсене кĕнекесемпе усă курма хăнăхтарать. Ун çумне çирĕплетнĕ А. Гурьев, А. Иванов, А. Зорин юлташсем партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренсе пĕтернĕ. Халĕ И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине вĕренеççĕ.

Çавăн пекех Ф. Рекеев, Г. Томасов, Г. Михайлов консультантсем те райком хушнă ĕçсене тĕплĕн туса пыраççĕ.

Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсемпе пропагандистсем валли КПСС райкомĕн библиотекинче лекцисем тăтăшах вуласа параççĕ. Ку ĕçе парти райкомĕн лекторсен группинче тăракан юлташсем туса пыраççĕ.

Çакăнпа пĕрлех парти вĕренĕвĕнче çитменлĕхсем те пур. Райком çителĕклĕ тĕрĕслесе тăман пирки хăшпĕр политшкулсемпе кружоксенче занятисем япăх иртеççĕ. Молотов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизацире икĕ кружок организациленĕ, анчах кунта 3—4-шар заняти кăна ирттернĕ. Кружоксен руководителĕсем В. Антоновпа О. Александрова юлташсем хăйсене шанса панă ĕç çине тимлĕ пăхмаççĕ, ответлăха туймаççĕ. Вĕсем райком ирттерекен семинарсене те çÿремеççĕ.

«30 лет Чувашии», Коминтерн ячĕпе, Буденный ячĕпе тăракан колхозсенчи политшкулсемпе кружоксенче те парторганизаци секретарĕсемпе пропагандистсен айăпĕпе занятисем палăртнă кунсенче пулмаççĕ. Вĕренекенсенчен нумайăшĕ занятисене сиктерсе çÿреççĕ.

КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ тата пуçламăш парторганизацисем харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен коммунистсемпе кадрсен ĕçне çителĕксĕр тĕрĕслесе пыраççĕ. Çавна пула уйрăм коммунистсем, сăмахран, А. Маркова (районхаçат редакцийĕ), В. Григорьев («Коммунизм» колхозран) хăйсем харпăр хăй тĕллĕн вĕренме тунă плансене пурнăçа кĕртмеççĕ.

КПСС райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем хальхи вăхăтра вĕренÿ çулне ăнăçлă вĕçлес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем тăваççĕ.

П. ВИКТОРОВ.

# Çынсен ăс-тăнĕнче капитализм юлашкисене пĕтересси çинчен

Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ коммунизм патне аслă çулпа çирĕппĕн утать. Çак çула И. В. Сталин юлташ хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă чаплă произведенийĕнче уççăн çутатса пачĕ. Çак произведенире социализмла обществăра производство законĕсем тата материальнăй пуянлăхсене валеçессин законĕсем мĕнле пулнине пур енĕпе те тĕпчесе тухнă, социализм экономикине малалла хăвăрт аталанса пымалли çул-йĕре палăртнă, социализмран майĕпен коммунизма куçма малтанлăха кирлĕ тĕп условисене кăтартса панă.

Совет халăхĕ, ССР Союзĕн хуçалăхне 1951—1955 çулсенче аталантармалли плана çултан-çул ăнăçлăн пурнăçласа, Тăван çĕршывра коммунизм тăвас ĕçре пысăк утăм тăвать. Сталинла пилĕкмĕш пилĕк çуллăх плана хăвăртрах пурнăçа кĕртессишĕн пĕтĕм çĕршывĕпе социализмла ăмăрту анлăн сарăлса пырать. 1951 çулта туса кăларнă промышленность продукцийĕ, 1940 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытларах пулнă пулсан, 1952 çулта тата чаплăрах çитĕнÿсем тунă. ССР Союзĕн пĕтĕм промышленноçĕ 1952 çулта туса кăларнă продукци, 1951 çулхипе танлаштарсан, 11 процент ытла ÿснĕ. Ялхуçалăхне аталантарас ĕçре те çĕнĕ çитĕнÿсем тунă. 1952 çулта тĕштырăсен пĕтĕм тухăçлăхĕ 8 миллиард пăт пулчĕ.

Ĕç тухăçлăхĕ коммунизм тăвас ĕçре чи кирли пулса тăни çинчен В. И. Ленинпа И. В. Сталин вĕрентнине пурнăçласа, ССР Союзĕнчи рабочисем, колхозниксем тата совет интеллигенцийĕ коммунизмла ĕç тĕслĕхĕсене кăтартаççĕ.

* * *

Çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкийĕсем, кивĕ обществăран юлнă тĕшмĕшлĕхсемпе сиенлĕ традицисем (тĕне ĕненесси, общество харпăрлăхне тĕкĕнесси, икĕпитленсе суеçтересси, бюрократла ĕçлесси тата ытти те) коммунизм обществинче пулмаççĕ. Коммунизм хăвăртрах тăвас тесен, çынсен ăс-тăнĕнче çав кивĕ обществăн йăлисене, сиенлĕ традицисене хăвăртрах пĕтерни кирлĕ.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе ССР Союзĕнче питех те пысăк улшăнусем пулни пуриншĕн те паллă. Пирĕн Тăван çĕршыври халăхсем, пирвайхи «Ударнăй бригада» пулса, капитализм пусмăрне пĕтерчĕç, çĕнĕ общество—социализм обществи туса хучĕç. Октябрьти Социализмла Аслă революципе пуçланнă советлă обществăпа социализмла государство стройĕн пурнăçри вăйĕ никам çĕнтерейми çирĕп пулни историллĕ кĕске срокрах питĕ лайăх палăрчĕ.

Пирĕн çĕршывра эксплуататорла классене пĕтерчĕ. Социализмла общество рабочисемпе хресченсенчен—пĕр-пĕринпе туслă классенчен тăрать. Халăх хушшинчен тухнă совет интеллигенцийĕ коммунизм тăвас ĕçе активлă хутшăнать. Ленинла-сталинла наци политикине пула Тăван çĕршыври мĕнпур халăхсен хуçалăхĕпе культури çултан-çул ÿссе пырать. ССР Союзĕнчи халăхсем, Ленинпа Сталинăн чаплă вĕрентĕвĕсемпе хавхаланса, коммунизмăн аслă стройкисене кунсерен çÿлтен-çÿле хăпартаççĕ, вăйлăран та вăйлă тĕштырă туса илеççĕ, тухăçлă та ăратлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетеççĕ, çултан-çул коммунизм обществин çĕнтерĕвне çывхартаççĕ.

Çав вăхăтрах çынсен ăс-тăнĕнче халĕ те капитализм юлашкийĕсем пуррине тата вĕсем хăйсем çинчен аса илтернине мĕнле ăнланмалла-ха?

ССР Союзĕнче эксплуататорла классене тахçанах аркатса тăкнă пулин те, буржуалла идеологи валли никĕс çук пулин те, буржуалла идеологи юлашкисем, вак харпăрлăхлă психологипе мораль юлашкисем, буржуалла шухăшсемпе мораль майлă тăракан чĕрĕ çынсем—пирĕн халăхăн вăрттăн тăшманĕсем пур-ха.

Буржуалла идеологи юлашкисем, пурнăç çине буржуалла пăхакан тата буржуалла йăлапа пурăнакан чĕрĕ çынсем—пытанса пурăнакан халăх тăшманĕсем пуррине пирĕн манма юрамасть. Аслă çулпуçăмăрсем Ленинпа Сталин совет çыннисене яланах сыхă пулма кирли çинчен, капитализмла йĕритавралăх пуррине пĕр минутлăха та манма юраманни çинчен вĕрентнĕ. Çавăнпа ĕнтĕ политикăлла сыхăлăха пур майсемпе те ÿстермелле, çăвара карса ларнине тата тимсĕр пулнине хирĕç кĕрешмелле.

Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешсе, пирĕн социализмла государствăна куллен-кун çирĕплетсе пымалла. Капитализмла йĕритавралăх юлас пулсан, Тăван çĕршывра коммунизм вăхăтĕнче те государство юлать. Коммунизм обществине хăйне те социализмла государствăна çирĕплетнипе çеç тума пулать. Çакăн çинчен Сталин юлташ партин XVIII-мĕш съездĕнче тунă отчетлă докладра, марксизм-ленинизм наукине малалла аталантарса, пурне те ăнланмалла каласа пачĕ. Кивĕ обществăн традицийĕсенчен хăтăлайман çынсем: халăх пурлăхне çаратакансем, производствăна ÿстерме май паракан резервсене пытаракансем, бюрократсем, йăпăлтисем, аялтан килекен критикăна пусаракансем, семьене пăрахса ачисене пăхса ÿстерессинчен пăрăнакансем, националиэмла шухăшлă çынсем тата ытти те—вĕсем пурте совет халăхĕн тăшманĕсен ĕçне пулăшаççĕ.

* * *

В. И. Ленинпа И. В. Сталин темиçе хутчен те çапла асăрхаттарнă: çынсен ăс-тăнĕнчи кивĕ обществăн йăлисене хирĕç кĕрешес ĕçе ăнăçлăн тăвас тесен, çынсене коммунизм обществи тăвассишĕн пĕтĕм пултарулăхпа вăя хурса ĕçлеме вĕрентмелле. Тепĕр енчен, çынсен ăс-тăнĕнчи тĕшмĕшлĕхсемпе сиенлĕ йăлисене хирĕç кĕрешес ĕçе япăхтарса ярсан, вĕсем коммунизм тăвассине палăрмаллах сиен кÿме пултараççĕ. ССР Союзĕнче халĕ социализмăн «кашнинчен — унăн пултарулăхне кура, кашнине—унăн ĕçне кура» текен принципĕ пурнăçланса пырать. Сталинла Конституци совет çыннисене ĕçлев прави, канăç прави, вĕренÿ прави, ватăлсан, çавăн пекех тата чирлесе ĕç пултарулăхне çухатсан пулăшу илмелли право пачĕ. Совет çыннине ырлăх кÿрессине, совет халăхĕн пурнăçне чечеклентересси пырасси—коммунистсен партийĕн аслă тĕллевĕ. Социализмла производство аталанăвĕн тĕллевĕ—совет çыннисен пĕрмаях ÿссе пыракан ыйтăвне, ĕççыннисен пурнăçне тăтăшах лайăхлатса пырас ыйтăва тивĕçтересси пулса тăрать. Çакă вăл апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен государственнăй хакĕсене çĕнĕрен, улттăмĕш хут йÿнетнинчен те лайăх курăнать.

Сталин юлташ хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă классикла произведенийĕнче çапла кăтартса пачĕ: «...Социализмла производствăна çÿлте тăракан техника никĕсĕ çинче вĕçĕмсĕр ÿстерсе тата лайăхлатса пырса, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ÿссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырасси социализмăн экономикăлла тĕп законĕ пулать».

Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисен пĕтĕм пурнăçĕпе кĕрешĕвĕ тата Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин мухтавлă ĕçĕсем пĕр тĕллеве—мĕнпур совет çыннисен пурнăçне пуянтарах та телейлĕрех, çутăрах та савăнăçлăрах тăвас тĕллеве пăхăнса пулса пыраççĕ. Çав вăхăтрах совет çыннисенчен хăшпĕрисем ĕçлемесĕр пурăнаççĕ е начар ĕçлесе пыраççĕ, çавсемех обществăлла, социализмла харпăрлăха тĕкĕнме пăхаççĕ. Кивĕ обществăн сиенлĕ йăлисенчен тасалайман çынсем, «ку колхозăн-ха, ку заводăн» тесе, общество пурлăхĕ çине хăйсен кивĕрсĕр аллисене хураççĕ. Акă, илер «Чăвашвăрман» тресчĕн Пĕпреç вăрманпромхоз директорĕ пулнă Цветкова. Вăл, ĕç вырăнĕпе усă курса, çулсерен хăйĕн хуçалăхĕ валли тÿлевсĕр утă илнĕ, кадрсем суйласа илес ĕç çине бюрократла пăхнă. Елчĕк районĕнчи маслопром директорĕ пулнă Чугунов государствăна улталаса пурăннă, кĕске вăхăтрах 2.367 тенкĕ хăй кĕсйине чикнĕ.

СССР Конституцийĕн 131-мĕш статьинче çапла çырнă: «ССР Союзĕн кашни гражданинĕ обществăлла, социализмла харпăрлăха—совет йĕркин чи таса, никам тĕкĕнмелле мар никĕсĕ, хамăрăн Тăван çĕршыв пуянлăхĕпе хăвачĕн çăлкуçĕ, мĕнпур ĕççыннисен пуян та культурăллă пурнăçĕн çăлкуçĕ пулса тăракан харпăрлăха—упраса, çирĕплетсе пыма тивĕç.

Обществăлла, социализмла харпăрлăха тĕкĕнекен çынсем халăх тăшманĕсем пулса тăраççĕ».

Обществăн социализмла харпăрлăхĕ мĕн чухлĕ пуян, совет çыннисен пурнăç условийĕсем те çавăн чухлĕ лайăхланса пыраççĕ. Ялхуçалăх производствине илсен, çакна каламалла: колхоз мĕн тери пуян, колхозниксем те ĕçкунĕ пуçне çавăн чухлĕ ытларах тупăш илеççĕ. Пĕр-пĕр колхоз кая юлса пынин сăлтавĕ ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсни пулать. Çавăн пек колхозсенче ĕç дисциплини начар, çавăнтах колхоз пурлăхне çаратакансем—кивĕ обществăн сиенлĕ йăлисенчен халĕ те хăтăлса çитеймен çынсем пур. Сталин юлташ ялти коммунистсемпе комсомолецсене, тÿрĕ кăмăллă колхозниксене яланах колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетсе пыма вĕрентрĕ.

Сталин юлташ вĕрентнине пурнăçласси—колхоз харпăрлăхне пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ шайне çитересси—ялхуçалăх артелĕн Уставне малашне те çирĕппĕн пăхăнса пынинчен килет.

Партипе совет правительстви социализмла обществăн пурлăхне упраса сыхлассине тивĕçлипе хакланине СССР Верховнăй Совет Президиумĕ 1947 çулхи июнĕн 4-мĕшĕнче государствăпа общество пурлăхне çаратакансене ответ тыттарасси çинчен кăларнă Указ та лайăх кăтартса парать.

Партипе правительство совет çыннисене мораль енчен таса пулма пур условисем те туса панă. Çапах та хăшпĕр çынсем халĕ те хăйсен çемйисенче хăйсене тивĕçсĕр тытас йăлана пĕтермен. Акă Пеньков хушаматлă, 1922 çулта çуралнă çамрăк çын. Вăл, темиçе хутчен те судпа айăпланнăскер, Çĕмĕрле районĕнчи пĕр учрежденире ĕçлекеленĕ. Авланнă хыççăн арăмне пăрахса пурăннă, [illegible] çÿренĕ, юлашкинчен малтанхи арăмĕ патне пынă. Унăн пурнăç тĕллевне лайăх пĕлсе, арăмĕ малтанхи упăшкипе каялла таврăннине килĕшмен, кун хыççăн Пеньков арăмĕ ĕçлекен учрежденине пырса хулиганла ĕçсем тунă.

Кивĕ обществăн сиенлĕ традицийĕсене хирĕç партипе комсомол тата профсоюз организацийĕсем тимлĕн кĕрешни кирлĕ. Çак ĕçре критикăпа самокритика тĕп хĕçпăшал пулса тăмалла.

И. В. Сталин совет çыннисене пур çитменлĕхсемпе йăнăшсене те çийĕнчех пĕтермелли тĕп услови критикăпа самокритика пулса тăни çинчен вĕрентнĕ. Критикăпа самокритика Совет государствине, советлă общество стройне вăйсăрлатмаççĕ, пачах урăхла, ăна тĕреклетеççĕ, унăн вăйне кăтартса тăракан тĕслĕх пулаççĕ. Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче çапла каларĕ: «...самокритикăпа аялтан килекен критикăна анлăн вăйлатса пымалла; çапла тумалла: мĕнпур тÿрĕ шухăшлă совет çыннисем пирĕн организацисемпе учрежденисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăюллăн та хăрамасăр критиклеме пултарччăр, критикăна хĕсме, критикăшăн кирек мĕнле тавăрма, ирĕксĕрлеме пăхнине хирĕç хаяррăн кĕрешмелле; партипе государство дисциплинине пур майсемпе те çирĕплетсе пымалла, партипе правительство решенийĕсем çине формальнă пăхнине тĕпренех пĕтермелле, дисциплинăна пăхăнманнине тата государство интересĕсене пăснисене хирĕç татăклăн кĕрешмелле».

И. В. Сталин партин XVII-мĕш съездĕнче тунă отчетлă докладра, сăмах май, капитализмăн çынсен ăс-тăнĕнчи юлашкийĕсем наци ыйтăвĕ тĕлĕшпе те çирĕп тытăнса тăни çинчен каланă. Коммунистсен партийĕ икĕ фронтпа—шовинизм енне сулăннине хирĕç те, çавăн пекех вырăнти национализм енне сулăннине хирĕç те кĕрешсе пынă. Наци ыйтăвĕнче хăш сулăнчăк тĕп хăрушлăх пулса тăни çинчен Сталин юлташ çапла каланă: «Хăш сулăнчăка хирĕç кĕрешме пăрахнă тата хăш сулăнчăка, çапла вара, государствăшăн хăрушлăх пулмалла таранах ÿссе кайма май панă, çав сулăнчăк тĕп хăрушлăх пулса тăрать».

Сталин юлташ идейăлла воспитани ĕçне вăйлатма, буржуалла идеологин юлашкийĕсене тăтăшах тăрă шыв çине кăларса пыма чĕннĕ. Партин идеологилле ĕçĕ çынсен ăс-тăнне капитализм юлашкисенчен, кивĕ обществăран юлнă тĕшмĕшлĕхсемпе сиенлĕ йăласенчен тасатас ĕçре пысăк вырăнта тăмалла. Массăсем хушшинче общество умĕнчи тивĕçе таран ăнланассине малашне те аталантарса пымалла, ĕççыннисене совет патриотизмĕпе халăхсен туслăхĕ майлă воспитани памалла, государство интересĕсемшĕн тăрăшма вĕрентмелле, совет çыннисен чи паха енĕсене—пирĕн ĕç çĕнтерессе шанса тăрассине, кирек мĕнле йывăрлăхсене те çĕнтерме хатĕр тăрассине вăйлатса пымалла.

Пирĕн Тăван çĕршыври халăхсен туслăхне тата ытларах çирĕплетес ĕçре, çавăн пекех çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкисене хирĕç кĕрешес ĕçре илемлĕ литература пысăк вырăн йышăнать. Калас пулать, çак енчен илсен, чăваш писателĕсем юлашки вăхăтра çырнă произведенисенчен Я. Ухсайăн «Сул» ятлă çĕнĕ поэми, Хусанкайăн Уйăп Мишшин çĕнĕ сăввисем тата А. Эсхель çырнă «Виçĕ туй» пьеса вулакансемпе куракансене нумай пулăшу параççĕ.

Г. М. Маленков çапла каланă: «Пире совет саманинчи Гогольсемпе Щедринсем кирлĕ, вĕсем пурнăçри юрăхсăр явленисене, пăнтăхса кайнисене, хытса ларнисене, малалла кайма чаракан мĕнпур чăрмавсене сатира вут-хĕмĕпе çунтарса тăнă пулĕччĕç». Пирĕн писательсем çак кăтартăва куллен асра тытма тивĕç.

Ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçĕн никĕсĕ—марксизм-ленинизм, вăл—пĕтĕм халăхсемшĕн ирĕклĕхпе телейлĕх тупмалли çула çутатса тăракан революциллĕ вĕрентÿ пулса тăрать. Марксизм-ленинизм класс кĕрешĕвĕн законĕсене пĕлнипе хĕçпăшаллантарать, тăшман кирек мĕнле тумтирпе витĕнсен те, ăна витĕрех курса тăрă шыв çине кăларма вĕрентет. Массăсем хушшинче марксизм-ленинизм идейисене сарассине, социализмла хуçалăхăн мĕнпур пайĕсенчи кадрсен политикăлла шайне ÿстерес ĕçе Коммунистсен партийĕ яланах пĕррмĕш вырăна хурса хакланă тата халĕ те çапла хаклать.

И. В. Сталин юлташ çапла вĕрентнĕ: государствăпа парти ĕçĕн кирек те хăш отраслĕсенчи работниксен политикăлла пĕлĕвĕ тата марксистла-ленинла ăнланулăхĕ мĕн чухлĕ çÿлĕ, ĕç хăй те çавăн чухлĕ çÿлĕ тата ăнăçлăрах, ĕçĕн результачĕсем те çавăн чухлĕ пысăкрах. Партин идеологилле ĕçне вăйлатни çынсен ăс-тăнĕнче капитализм юлашкисене пĕтермелли тĕп услови пулса тăрать.

В. ЛЮБИМОВ.

## Штатра тăман лекторсем

ВЛКСМ Пăрачкав райкомĕ çумĕнче штатра тăман лекторсен ушкăнĕ пур. Унта 27 çын. Вĕсем шутĕнче учительсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, медицина работникĕсем тата культурăпа çутĕç учрежденийĕсенче ĕçлекенсем чылай. Районти çамрăксене политика тата ытти ыйтусем тăрăх çĕр доклад ытла туса панă.

Лекторсем партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе материалĕсене тата И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине ăнлантарасси çине уйрăмах тимлĕ пăхаççĕ.

## Радио кĕртеççĕ

КАНАШ. «Красная Армия» колхозра чылайранпа радиоузел ĕçлет. Çак колхоз кÿршĕри колхозсене те радио кĕртме пулăшать. Нумай пулмасть Куйбышев ячĕпе тăракан колхоза радиофикацилеме пуçларĕç. Халĕ икĕ промкоговоритель лартнă, колхозниксен килĕсене те радио кĕртме тытăнаççĕ.

П. РУССКОВ.

## СОВЕТ СТРОИТЕЛЬСТВИ

# Суйлавçăсен наказĕсем—кулленхи практикăлла ĕçсен программи

Ĕçлекен депутачĕсен вырăнти Совечĕсен 1953 çулхи февралĕн 22-мĕшĕнче пулнă суйлавĕнче коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕ çĕнĕ çĕнтерӳ турĕ. Суйлавра Канаш хулинчи суйлавçăсем те, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, хамăрăн Тăван çĕршыва чĕререн парăнса тăнине палăртрĕç, Ленин—Сталин партийĕн ĕçĕшĕн, социализмла государствăн хăватне малалла ӳстерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса ĕçлеме хатĕр пулнине кăтартрĕç. Хула Советне суйлама мĕнпур суйлавçăсен 99,92 проценчĕ хутшăнчĕ, сасăлама хутшăннă суйлавçăсен 98,03 проценчĕ коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăларĕ.

Канаш хула Советне 63 депутат суйланă. Вĕсен хăйсем халăх тарçи пулни çинчен яланах асра тытмалла. Депутатăн коммунистсен партийĕ кăтартнă çул-йĕрпе çирĕп тытса пымалла, Ленин пек, Сталин пек политикăлла деятель пулмалла. Депутат хуçалăхпа культура ĕçĕсене активлă хутшăнма, суйлавçăсен наказĕсемпе сĕнĕвĕсене пурнăçласа пыма тивĕçлĕ. Сакна шута илсе, хула Совечĕн пĕрремĕш сессийĕ кашни депутата яланхи пĕр-пĕр комиссире ĕçлеме уйăрчĕ. Çакă вăл депутатсен активлăхне ӳстерме май парать.

Иртнĕ суйлав вăхăтĕнче Канашри суйлавçăсем хула Советне тĕрлĕ наказсемпе сĕнӳсем 115 ытла пачĕç. Çав наказсемпе сĕнӳсене шута илсе пĕтĕçтерсе тухнă чухне çакă палăрчĕ: суйлавçăсем хула Совечĕпе унăн пайĕсен ĕçне, предприятисемпе учрежденисен, суту-илӳ организацийĕсен, вырăнти промышленноçăн ĕçĕсене, халăха вĕрентес, сывлăха сыхлас ĕçсене лайăхлатма, ĕçсынниcен культурăпа йăла ыйтăвĕсене пĕтĕмпех тивĕçтерме хушса хăварнă. Суйлавçăсем коммунальнăй хуçалăх енĕпе 46, сывлăха сыхлас ĕç тата суту-илӳ енĕпе 16-шар, халăха вĕрентес ĕç енĕпе 13, культурăпа çутĕç енĕпе 7 наказ панă.

Наказсемпе сĕнӳсенче тĕрлĕ ыйтусем хускатнă. Хулари 10 суйлав округĕнчи суйлавçăсен пухăвĕсенче хулан кăнтăрти пайĕнче çĕнĕ шкул лартас пирки ыйту хускатнă, 14 суйлав округĕнчи суйлавçăсен пухăвĕсенче суту-илӳ организацийĕсен ĕçне лайăхлатма, çĕнĕ магазинсемпе ларексем, çĕнĕ столовăйсем уçма кирли çинчен кăтартса панă; 7 суйлав округĕнчи суйлавçăсем вагонсем юсакан завод территорийĕнче çĕнĕ мунча лартас ĕçе хăвăртлатма, 11 суйлав округĕнчи суйлавçăсен пухăвĕсенче хулана электричество энергийĕ парса тăрас ĕçе лайăхлатма хушнă. Ытти хăшпĕр округсенчи суйлавçăсем хулара йывăç лартса ӳстерме, урамсене чул сарма, тротуарсем сума сĕнӳ панă.

Хула Совечĕн исполкомĕ ĕçсыннисен наказĕсемпе сĕнĕвĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе исполкомăн хăш пайĕн мĕнле ĕçсем тумаллине палăртрĕ, практикăлла мероприятисен планне хатĕрлерĕ. Çав плана исполкомра пăхса тухнă, ун хыççăн хула Совечĕн иккĕмĕш сессийĕнче сӳтсе явнă.

Суйлавçăсен наказĕсемпе сĕнĕвĕсем çинчен хулари ĕçсыннисене пĕлтерес, çав наказсене пурнăçлама массăсене организацилес шутпа кашни суйлав округĕнче пухусем ирттеретпĕр. Кашни депутат, хăйне суйланă округри ĕçсыннисен пухăвĕнче пулса, суйлавçăсен наказĕсемпе сĕнĕвĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе хула Совечĕн исполкомĕ палăртнă практикăлла ĕçсем çинчен калаcа парать.

Исполкомăн ĕç планĕнче кĕпе-тумтир, атă-пушмак, ытти япаласем çĕлекен тата юсакан мастерскойсен ĕçĕсем çинчен, исполком пайĕсем суйлавçăсен наказĕсемпе сĕнĕвĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен, хулана йывăç лартса илемлетмелли план çинчен сӳтсе явма, пурăнмалли çурт-йĕрсен управленийĕ, хулари коммунальнăй хуçалăх пайĕн ремонтнăй кантурĕ мĕнле ĕçлени çинчен отчетсем итлеме палăртрăмăр. Çавăн пекех исполком ларăвĕсенче хулари суту-илӳ пайĕ мĕнле ĕçлени çинчен отчет итлемелле, çуркуннепе çуллахи вăхăтра ĕçсыннисен канăвне организацилесси, çуллахи вăхăтра физкультурăпа спорт ăмăртăвĕсем ирттересси çинчен сӳтсе явмалла.

Наказсемпе сĕнӳсене пурнăçлас тĕлĕшпе хула Совечĕн яланхи комиссийĕсем активлă ĕçлеме тивĕçлĕ. Хула Совечĕн малтанхи сессийĕ 8 комисси организацилерĕ. Хальхи вăхăтра кашни комисси суйлавçăсен сĕнĕвĕсене пурнăçа кĕртме практикăлла ĕçсем тума тытăнчĕ. Кашни комисси хăй тавра актива пĕтĕçтернĕ. Сăмахран, вырăнти промышленность енĕпе ĕçлекен яланхи комисси (председателĕ Васильев юлташ) ĕçне 50 çын ытла хутшăннă.

Исполкомпа яланхи комиссисем апрельпе май уйăхĕсенче çакăн пек ĕçсем туса ирттерме палăртнă: хулари суту-илĕве лайăхлатас ыйтупа магазинсемпе суту-илӳ работникĕсен канашлăвне ирттермелле; шкулсемпе вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетес тата экзамена хатĕрленес ыйтупа ачасен ашшĕ-амăшĕсен комитечĕсен членĕсен пухăвне ирттермелле; культурăпа çутĕç учрежденийĕсен работникĕсене канашлăва пухса, унта ĕçсыннисен культура ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе лайăхлатасси çинчен сӳтсе явмалла; ĕçсыннисен жалобисемпе заявленийĕсене вăхăтра пăхса тухас ĕçе тĕплĕн йĕркелес пирки исполком пайĕсен заведующийĕсен канашлăвне пухмалла; хулара йывăçсем лартма, тротуарсем тума, çулсем юсама хула халăхне хутшăнтарас ыйтупа хулари ĕçсыннисен пухăвĕсене ирттермелле.

Апрель уйăхĕнче хула Совечĕн исполкомĕ благоустройство ыйтăвĕпе предприятисемпе учрежденисен руководителĕсен тата урам комитечĕсен председателĕсен канашлăвне ирттерчĕ.

Наказсемпе сĕнӳсене пурнăçласси хуçалăхпа культура строительствин планĕсене ĕçе кĕртессипе тачă çыхăнса тăрать. Хуçалăхла-политикăлла пысăк ĕçсенчен пĕри—финанс планне яланах пĕр тикĕс тултарса пырасси. Çак ĕçе юлашки вăхăтра чылай лайăхлатрăмăр. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта финанс планне ирттерсе тултартăмăр. Финанс планне çавăн пек тултарса пыни хулара благоустройство ĕçне малтанхи кварталтах тытăнма май пачĕ. Кăçал хулари коммунальнăй çуртсенчен улттăшне тĕпрен юсама палăртнă пулсан, виçĕ çуртне юсама тытăннă та ĕнтĕ, вĕсене май уйăхĕнче юсаса пĕтерессĕ. Çулсем тума тата вĕсене юсама строительство материалĕсем (чул тата хăйăр) кирлĕ хисепĕн 50 проценчĕ чухлĕ хатĕрлесе хунă. Май уйăхĕнче çулсене юсама тытăнатпăр.

Юлашки вăхăтра исполкомăн халăха вĕрентес ĕç пайĕ лайăхрах ĕçлеме пуçларĕ. Ку пай çумĕнчи советăн ларăвĕсем час-часах пулса иртеççĕ, методика ыйтăвĕсене сӳтсе явакан пĕрлешӳвĕн ĕçĕсем лайăхланчĕç. Шкулсенче вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсен пухăвĕсем час-час пулаççĕ. Исполкомăн культурăла çутĕç пайĕ çумĕнчи лекторсен ушкăнĕ аванрах ĕçлеме пуçларĕ, ку пай культурăла çутĕç учрежденийĕсенче ĕçлекенсен икĕ кунлăх семинарне ирттерчĕ.

Анчах ĕçсынни депутачĕсен хула Совечĕн ĕçĕнче çитменлĕхсем те сахал мар-ха. Хула Совечĕн яланхи хăшпĕр комиссийĕсем тата исполкомăн уйрăм пайĕсем суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе практикăлла ĕçсене организацилеме тытăнман-ха. Ку çитменлĕхе хăвăртрах пĕтермелле. Çавăнпа та исполкомăн хăйĕн пайĕсене ертсе пырас ĕçе тата ытларах вăйлатмалла, яланхи комиссисемпе тытакан çыхăнăва тата ытларах çирĕплетмелле пулать.

Суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлас ĕçре пире республикăри министерствăсем те пулăшма тивĕçлĕ. Анчах уйрăм министерствăсем суйлавçăсен сĕнĕвĕсене пурнăçлас ĕçре Канаш хула Советне пулăшмаççĕ-ха. Сăмахран, Канашра электричество линийĕсем япăхса çитнĕ, вĕсене юсамалла тата трансформаторсем тумалла. Ку ыйтăва хула Совечĕн исполкомĕ республикăри Коммунальнăй хуçалăх министерстви умĕнче темиçе хутчен те хускатрĕ. Анчах министерство çак ыйтăва татса пама пулăшмасть. Тепĕр тĕслĕх илер: Канаш хулинчи апат-çимĕç комбинатне пысăклатма тата механизацилеме тытăнни икĕ çул çитет, анчах çак ĕçе туса пĕтересси тĕрлĕ сăлтавсене пула чарăнса тăрать. Çав сăлтавсене сирме, строительствăри çитменлĕхсене пĕтерме Апат-çимĕç промышленность министерстви нимĕн чухлĕ те пулăшмасть. Унтан та ытларах, Апат-çимĕç промышленность министерстви Канашри апат-çимĕç комбинатне урăхлатса çĕнетес ĕç мĕнле пынипе пачах интересленмест. Чăваш АССР Суту-илӳ министерствипе Чăвашторг Канашри магазинсемпе ларексем кивелсе çитнине, столовăйсен çурчĕсем япăхнине лайăх пĕлеççĕ. Анчах вĕсем магазинсемпе ларексене юсаттарма пулăшмаççĕ. Канашра кăçал çĕнĕ столовăй уçма çурт лартмалла, анчах Чăвашторг çав çурта лартма васкамасть. Çутĕç министерстви шкулсенче вĕренӳпе воспитани ĕçĕсене лайăхлатма сахал пулăшать.

Паллах ĕнтĕ, министерствăсем хула Совечĕн исполкомне вăхăтра тата кирлĕ пек пулăшса пымасан суйлавçăсен хăшпĕр наказĕсене пурнăçлас ĕçе чарса тăрать. Министерствăсен хăйсен отраслисем енĕпе хуçалăхпа культура строительствине вăйлатма вырăнти Советсене ытларах пулăшас пулать, ун чухне умра тăракан задачăсем ăнăçлăрах пурнăçланса пырĕç, вырăнти Советсем хăйсен ĕçĕнче çĕнĕ çĕнтерӳсем тума пултарĕç.

С. СИНИЦЫН,
Канаш хула Совет исполкомĕн председателĕ.

Шупашкарти Чапаевски поселок библиотекинче.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: вуламалли залра. Малти вырăнта—7-мĕш вăтам шкул учительници Е. А. Медякова юлташ. Вăл партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх кружокра заняти ирттерме хатĕрленет.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Финанс планне ăнăçлă тултарнă

ЙĔПРЕÇ. Кировă ял Совечĕ (председателĕ А. Этричев) активпа тачă çыхăнса ĕçлет, финанс планне тултарассине кулленхи пысăк ĕç тесе шутлать. Çак ыйтăва яланах ял Совет сессийĕсенче, актив канашлăвĕсенче, исполком ларăвĕсенче сӳтсе яваççĕ. Ĕçсыннисем государство умĕнчи укçа-тенкĕ парăмĕсене вăхăтра тӳлеççĕ. Киров ячĕпе тăракан колхозри колхозниксем малтанхи срокра тӳлемелли ялхуçалăх налогне парса татрĕç. Ял Совечĕ пĕрремĕш кварталта халăхран укçа-тенкĕ пухмалли плана ирттерсе тултарчĕ.

Çĕнĕ Выçли тата Ворошилов ял Совечĕсенче те финанс планне тултарас ĕç ăнăçлă пырать.

Г. РУСАНОВ.

## ÇАМРĂК ТИХАСЕНЕ ЛАЙĂХ ПĂХСА УСРАÇÇĔ

ÇĔРПӲ. «Коммунизм» колхоз лаша ĕрчетмелли плана ирттерсе тултарчĕ.

Çамрăк тихасене лайăх пăхса ӳстерес тĕлĕшпе 1-мĕш бригадăри М. Андреев конюх уйрăмах лайăх ĕçлет. Вăл колхоз пуçланнăранпах конюхра. Хăйĕн ĕçне юратса туса пынăшăн тата çамрăк тихасене лайăх пăхса çитĕнтернĕшĕн ăна ултă хутчен преми панă. Пĕлтĕр 5 тиха пăхса çитĕнтернĕшĕн 10 пăт ыраш парса премилерĕç. Вăл пăхакан лашасем мăнтăр та таса, чăтăмлă.

Çавăн пекех 2-мĕш бригадăри Н. Якимовпа А. Семенова юлташсем те вуншар çул конюхра тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем 1952 çулта кашни кĕсреран пĕрер тиха пăхса çитĕнтерне, хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх преми илме тивĕçлĕ пулнă.

Е. СТЕПАНОВ.

## Библиотека çураки вăхăтĕнче

ПĂРАЧКАВ. Районта çураки вăхăтĕнче 65 куçса çӳрекен библиотека ĕçлемелле. Районти библиотека куçса çӳрекен библиотекăсем валли çĕнĕ кĕнекесем уйăрса пачĕ. Кашни библиотекăрах Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем пур.

Районти библиотекăра ялхуçалăх литературине пухса ятарласа стэнд тунă.

В. ТОНЫШЕВ.

## АГРОНОМ КАНАШĔ

# Йĕтĕнпе кантăра иртерех тата лайăх акса хăварар

Пирĕн республикăра кăçал техникăлла культурăсем, пуринчен ытла кантăр нумай акмалла. Техникăлла культурăсем акакан çĕр лаптăкне пысăклатнипе пĕрлех, çав культурăсен тухăçлăхне те нумай ӳстермелле.

Йĕтĕн сӳсĕн тухăçлăхĕ пилĕкçуллăхра 40—50 процент ӳсмелле, пирĕн республикăра пĕр гектартан илекен йĕтĕн сӳсĕн тухăçлăхне 4,5—5,5 центнера çитермелле.

Малта пыракансен опычĕ йĕтĕн тухăçлăхне пур колхозсем те çав виçене çитерме пултарнине кăтартса парать. Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз 1952 çулта кашни гектартан 8 центнер йĕтĕн вăрри тата 6 центнер сӳс илнĕ. Çĕрпӳ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз кашни гектартан 12 центнер кантăр вăрри тата 8,5 центнер сӳс пухса кĕртнĕ.

Республикăри колхозсен кантăр акакан çĕр лаптăкне 74 процент, йĕтĕн-долгунец акакан çĕр лаптăкне 28 процент ӳстермелле.

Техникăлла культурăсен тухăçлăхне ӳстерес тесен, вĕсене акма лайăх хатĕрленмелле, çурхи ĕçсене кĕске срокcенче туса ирттермелле, колхозсен, МТС-сен техникипе тата ĕç резервĕсемпе туллин усă курмалла. Йĕтĕнпе кантăр тухăçлăхне ӳстерме пирĕн колхозсенче усă курман резервсем нумай, вĕсемпе кăçал туллин усă курмалла.

Чи малтан çакна асра тытас пулать: йĕтĕнпе кантăр кĕрпеклĕ тăпрана юратаççĕ. Тăпрара тутлăхлă япаласем çителĕклĕ пулмалла. Çавăнпа та йĕтĕнпе кантăр акма чи лайăх участоксене, удобренисемпе лайăх çемçетнĕ çĕрсене уйăрмалла. Кантăра айлăм, анчах шурлăхланман вырăна акмалла. Йĕтĕн нумай çул ӳсекен курăксем хыççăн тата çерем уçса аксан лайăх пулать. Йĕтĕнпе кантăр акма кĕркунне предплужниклă плугпа 20—22 сантиметр тарăнăш çĕртме туса хăварнă участоксем илмелле, вĕсенче çумкурăксем пулмалла мар. Çуркунне пулсанах йĕтĕнпе кантăр акмалли участоксене, унта çĕр типсе ан кайтăр тесе, 2—3 хут çӳрелемелле. Вăрлăха мĕн тарăнăшне акмалла, акас умĕн çав тарăнăш культиваци тумалла. Йĕтĕнпе кантăр акмалли участоксем çине кĕркунне удобренисем кăларман пулсан, çуркунне пулсанах удобренисем кăлармалла. Тислĕк тăкас пулсан, лайăх çĕрнĕ тислĕк илмелле, малтан мĕн чухлĕ удобрени панине кура, 40—50 тонна тислĕк тăкса, ăна пĕр тикĕс салатса тухмалла. Йĕтĕн участокĕ çине шăпах акас умĕн тислĕк тăкма хушмаççĕ.

Вырăнти органически удобренисенчен йĕтĕн валли кайăк-кĕшĕк тислĕклĕ лайăх удобрени шутланать, ăна культиваци тунă чухне гектар пуçне 6—8 центнер хываççĕ.

Фосфорлă минераллă удобренисене органически удобренисемпе хутăш хывсан, йĕтĕнпе кантăр тухăçлăхĕ уйрăмах ӳсет. Самахран, çуркунне йĕтĕнпе кантăр акас умĕн 2—4 центнер суперфосфата 1—2 тонна çĕрĕк тăприпе хутăштарса сапма сĕнеççĕ. Акнă чухне ретсем тăрăх гектар пуçне 0,5—1 центнер пĕрчĕлетнĕ суперфосфат сапса тухни уйрăмах лайăх пулать.

Йĕтĕнпе кантăр пысăк тухăçлă пулччăр тесен, вĕсене вырăнти органически тата минераллă удобренисемпе апат памалла. Ир акнă йĕтĕне малтанхи хут—калча шăтса тухсан, каярах юлса акнă йĕтĕне калча шăтса тухасса кĕтмесĕрех апат параççĕ, иккĕмĕш хут—чечек çăмăртаннă вăхăтра параççĕ. Апат пама гектар пуçне 5—6 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ илсе, ăна шывра ирĕлтереççĕ. Шывне тислĕкрен 5 хут нумайрах илмелле.

Минераллă удобренисенчен 50—60 килограмм аммиаклă селитрăпа хлорлă кали е 80—100 килограмм аммони сульфачĕпе кали тăварĕ илеççĕ.

Йĕтĕнпе кантăр тухăçлăхĕ вĕсене хăçан акса хăварнинчен нумай килет. Йĕтĕне кăна мар, кантăра та иртерех акса хăварни тухăçлăха чылай ӳстерет. Наука учрежденийĕсемпе колхозсен опычĕ кăтартса панă тăрăх, иртерех акнă кантăр тухăçлăхĕ 20—25 процент ӳсет.

Кантăр акма васкамалла мар тени вăл—йăнăш шухăш. Кантăрăн çамрăк калчи сивĕ çанталăка лайăх тӳссе ирттерет. Вăхăт-вăхăтпа температура 5 градус таран сивĕ пулни кантăр калчине нимĕн те сиен те тăваймасть.

Çавăнпа та, малта пыракансен опытне шута илсе, кантăра кĕркунне сухаласа тата тислĕкпе минераллă удобренисем хывнă участоксем çине ир акакан тĕштырăсемпе пĕр вăхăтрах акмалла. Кантăра кĕске срокра, 3—4 кун хушшинче акса хăвармалла.

Йĕтĕне те иртерех, кĕрхи çĕртме тунă уйсене малтанхи хут сӳреленĕ хыççăн 7 кунтан кая юлмасăр акса хăварас пулать. Йĕтĕнпе кантăра та сеялкăпа кăна акмалла. Йĕтĕне ансăр ретĕн е хĕреслĕ майпа акаççĕ, пĕр гектар акма 1,3—1,4 центнер лайăх шăтакан вăрлăх илмелле. Вăрлăх участокĕсем çине йĕтĕне рет хушшисене 25—40 сантиметр хăварса акаççĕ, 1 гектар акма 80 килограмм вăрлăх илес пулать.

Кантăра лентăлла майпа, лентăсен хушшисене 50—60 сантиметр хăварса акаççĕ. Лентăлла майпа акни талкăшпе акнинчен нумай аванрах. Ун пек аксан калчана лайăх пăхса ӳстерме, рет хушшисене кăпкалатас ĕçе механизацилеме, çумкурăксене вăхăтра çумлама, апат пама, искусственнăй майпа шăркалантарма пулать, пуса татнă вăхăтра кантăр таптанмасть.

Торфлă вырăнсенче, шыв хĕррисенче, çавнашкалах тырпул ăнса пулакан айлăмсенче кантăра лентăлла майпа виçшер ретĕн акма юрать. Çапла майпа пĕр гектар акма 30—40 килограмм вăрлăх илмелле. Удобрени çителĕклĕ панă участоксенче, кантăр вырăнĕсенче те çавнашкалах кашни лентăра 3 рет акмалла, анчах пĕр гектар акма 30 килограмм вăрлăх илмелле. Удобренисем сахалрах панă çӳлĕрех вырăнсенче кантăрăн лентисене иккĕшер ретлĕ туса акмалла. Çапла майпа пĕр гектар акма 20—25 килограмм вăрлăх илес пулать. Вăрлăх пахалăхĕ начартарах пулсан, акмалли нормăна пысăклатмалла.

Акса хăварнă хыççăн йĕтĕнпе кантăра лайăх пăхса ӳстерес пулать. Уйрăмах вăхăтра çумлани тата рет хушшисене çемçетни кирлĕ. Йĕтĕнпе кантăр çинчен çумкурăксене 2 хутран кая мар тасатмалла. Кунсăр пуçне вăрлăх участокĕсенче, пуса чечеке ларнă вăхăтра, кантăра искусственнăй майпа шăркалантарас пулать. Пуса пĕтĕмпех чечеке ларса çитсен, ăна 5—6 кун хушшинче татса пуçтармалла.

Йĕтĕнпе кантăр акса тăвас тĕлĕшпе агротехника кăтартнă ĕçсене пурне те вăхăтра тата лайăх туса ирттерни пысăк тухăç илме май парать.

Р. ОСАНОВ,
Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ.

# КУЛЛЕН КИРЛĔ ТАВАРСЕМ ЫТЛАРАХ ТУСА КĂЛАРАССИШĔН

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн продукци туса кăларассине 60 процента çити ӳстермелле.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче республикăри вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн предприятийĕсем аталанчĕç, çĕнĕ техникăпа хĕçпăшалланчĕç. Кашни предприятире, промартельте техникăна алла илнĕ, ĕçе лайăх вĕренсе çитнĕ кадрсем пур. Чылай промкомбинатсемпе промартельсем ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Шупашкар хулинчи промкомбинат паха çăматă тата кĕççе туса кăларать. Улатăрти «Красная швея», Сĕнтĕрвăрринчи «Портной» промартельсем, Йĕпреçри райпромкомбинат туса кăларакан япаласен пахалăхĕ начар мар.

Анчах çавăн пек тĕслĕхсем республикăра сахал-ха. Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ халлĕхе ĕçсыннисен ыйтăвĕсене япăх тивĕçтерессĕ. Магазинсемпе ларексенче куллен кирлĕ таварсем çителĕксĕр, пуррисен те пахалăхĕ япăх. 1952 çулта Вырăнти промышленность министерствине, Чăвашдревпромсоюза, Чăвашпромсовета, Чăваштарпромсоюза тата Чăвашкоопинсоюза пăхăнса тăракан предприятисемпе артельсем суту-илӳ организацийĕсене 15 миллион тенкĕлĕх тавар парса çитерейман. Уйрăмах Чăвашдревпромсоюзпа Чăваштарпромсоюза пăхăнса тăракан промартельсем куллен кирлĕ таварсем сахал туса кăлараççĕ, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тимлĕн тăрăшмаççĕ.

Правительство йышăннă тăрăх, кăçал вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн республикăри суту-илӳ организацийĕсене 68.700 пин тенкĕлĕх, урăхла каласан, пĕлтĕрхинчен 50 процент нумайрах тавар тăратмалла.

Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕнче ĕçлекенсен çакна пĕрмаях асра тытмалла: рабочисене, колхозниксене тата интеллигенцие лайăх япаласем кирлĕ. Совет çыннисен культура шайĕ тăтăшах ӳсет, çавна май вĕсен ыйтăвĕсем те пысăкланса пыраççĕ. Вĕсем паха сĕтел-пукан, илемлĕ савăт-сапа, лайăх çĕленĕ тумтир, атă-пушмак туянасшăн.

Хăшпĕр предприятисемпе промартельсен руководителĕсем ĕçсыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерессине пысăка хурса хакламаççĕ, продукци пахалăхне лайăхлатма тăрăшмаççĕ. Суту-илӳ работникĕсем хăшпĕр чухне предприятисенчен япăх таварсем йышăнаççĕ. Ятарласа уйăрнă бригадăсемпе комиссисем тĕрĕслесе пăхнă хыççăн, чылай предприятисемпе промартельсем таварсен стандарчĕсене тата техникăлла условийĕсене пăсни, япаласен сортлăхне тĕрĕс мар кăтартни, хаксене ӳстерни палăрнă.

Шупашкарта Чăвашдревпромсоюз магазинĕ пур. Унта Шупашкарти «Красный мебельщик» артель туса кăларакан сĕтел-пукан ытларах пулать. Çак магазинта иккĕмĕш сортлă шкафсене пĕрремĕш сортлă тесе сутнă. Нумай япаласем çине техникăлла контроль пайĕн штампне çапман. Магазин юрăхсăр йывăç кĕреçесене пĕрремĕш сортлă тесе сутнă, çемçе пружиналлă, япăх матрацсене паха тесе хак панă. «Красный мебельщик» промартель начар продукци туса кăларнине Шупашкарта çеç мар, ытти çĕрте те пĕлеççĕ. Нумаях пулмасть Ульяновскри облпотребсоюзăн базисăн артель туса кăларнă диванесене бракланă. Япăх продукци туса кăларнăшăн тата договор условийĕсене пăснăшăн Госарбитраж артеле штраф тӳлеттернĕ. Чăвашдревпромсоюзăн (председателĕ А. Степанов юлташ) «Красный мебельщик» промартельти çитменлĕхсене пĕтерме, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма, руководительсен ответлăхне ӳстерме татăклă мерăсем йышăнас пулать.

Шупашкарти «Волга» артелĕн ларекĕнче час-часах япăх витре, илемсĕр чувяксем, лайăх çĕлемен брюкисем курма пулать. Чăваштарпромсоюз ларекĕсенче виççĕмĕш сортлă япаласене пĕрремĕш сортлă тесе сутнă тĕслĕхсем пулнă.

Канаш хулинчи промкомбинат хуçалăхра кирлĕ япаласем—ухват, алăк петлисем, умывальниксем туса кăларать. Ку япаласем халăха нумай кирлĕ. Промкомбинат руководителĕсен продукци пахалăхне лайăхлатасси çинчен пĕр самантлăха та манма юрамасть. Кунта пахалăхшăн çителĕксĕр кĕрешеççĕ. Суту-илӳ министерстви Канаш хулинчи промкомбинат туса кăларакан тимĕр япаласене сутма чарчĕ.

«Художник» мастерскойра япаласене сортламаççĕ, çитменнине тата ларекра прейскурант та çук. Канашри инвалидсен «Красный воин» артелĕ, Чăвашпромсовета пăхăнса тăракан «Швейник» промартель тата ытти чылай артельсем час-часах паха мар, халăх кăмăлне кайман япаласем туса кăлараççĕ. Хăшпĕр промкомбинатсемпе промартельсен руководителĕсем халăх ыйтнине шута илмеççĕ, кайран вара тавар каймасть тесе пăшăрханаççĕ. Чăваш АССР Суту-илӳ министерстви Вырăнти промышленность министерствинчен, Чăвашпромсоветран тата Чăвашдревпромсоюзран çĕнĕ йышши япаласем—аврăлă çатма, çилĕм, ачасене вылямаллисем туса кăларма ыйтать. Анчах вĕсем çав ыйтăва пурнăçламаççĕ.

Уйрăмах апат-çимĕç промышленность предприятийĕсенчи çитменлĕхсене палăртмалла. Районсенчи апат-çимĕç комбиначĕсем паха мар помадка пĕçереççĕ. Хăш çанталăкра помадка ирĕлсе чуста евĕрлĕ пулать. Элĕк районĕнчи апат-çимĕç комбиначĕ варенье стандартлă мар савăт-сапана хурса пăсать. Шупашкарти кондитерски фабрика руководителĕсен те (директорĕ Егоров юлташ) производствăра технологи дисциплинине çирĕплетес, рабочисен техникăлла пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлемелле. Суту-илӳ организацийĕсен пĕррехинче çак фабрикăна 1.900 килограмм продукци каялла тавăрса пама тиврĕ. Улатăр хулинчи апат-çимĕç комбиначĕ япăх продукци туса кăларнă пирки 16 пин тенкĕ убыток тӳснĕ.

Кунта илсе кăтартнă тĕслĕхсенчен çакă уççăн палăрать: вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕнчи нумай предприятисемпе промартельсен руководителĕсем продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, хăйсем ертсе пыракан фабрика е комбинат маркин чысĕшĕн кĕрешмеççĕ. Нумай çĕрте стандартсене тата техникăлла условисене пăсаççĕ. Техникăлла контроль пайĕсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Чылай предприятисенчи партипе профсоюз тата хуçалăх организацийĕсем продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, япаласен ассортиментне нумайлатассишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарма тăрăшмаççĕ. Пысăк пахалăхлă продукци çеç туса кăларакан бригадăсене илессишĕн кĕрешекенсем сахал. Брак тăвакансене, технологи процесне сĕмсĕррĕн пăсакансене час-часах ответ тыттармаççĕ, вĕсене хирĕç общественноçа мобилизацилемеççĕ.

Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕнче ĕçлекенсен Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панисенчен тивĕçлĕ вывод тумалла. Продукци пахалăхне лайăхлатса пырасси пирĕн промышленноçăн чи кирлĕ задачи пулса тăрать. Продукци пахалăхне лайăхлатса пыни материальнăй ресурссемпе перекетлĕрех усă курма, стандартлă мар продукци туса кăларнă пирки пулакан тăкаксене чакарма май парать. Куллен кирлĕ таварсен пахалăхне лайăхлатса тата вĕсен ассортиментне нумайлатса пыни уйрăмах пысăк вырăн йышăнать. Туса кăларакан продукцин пахалăхĕпе ассортименчĕ енĕпе совет потребителĕ тивĕçлипех пысăкрах та пысăкрах требованисем кăларса тăратать. Халăхăн çав ӳссе пыракан ыйтăвĕсене пирĕн промышленноçăн пĕтĕмĕшпех тивĕçтермелле. Пысăк пахалăхлă продукци туса кăларас тесе, ку чухнехи ыйтусене тивĕçтерекен, государство панă стандартсене ĕçе анлăрах кĕртсе пымалла. Çавăн пекех тата таварсене номенклатурăпа ассортимент тăрăх туса кăлармалли плана тултарас тесе, премисем парас системăпа, предприятисене парса тăракан материалсемпе тата техникăпа лайăхрах усă курмалла.

Предприятисем продукци пахалăхне лайăхлатасси, таварсен ассортиментне нумайлатасси суту-илӳ работникĕсенчен те сахал мар килет. Суту-илӳ работникĕсем чыслă та ответлă участокра ĕçлеççĕ: совет çыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтереççĕ. Базăна, магазина, ларека, столовăя япăх продукци йышăнни ĕçсыннисен интересĕсене хирĕçле ĕç пулать. Çакна суту-илӳ работникĕсен пĕрмаях асра тытмалла.

Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн ĕçĕнчи тепĕр пысăк çитменлĕх вăл—тавар хакĕсене йӳнетессишĕн япăх кĕрешни.

Канашри «1-ое Мая» промартель паха мар буфетсем туса кăларать. Çитменнине тата вĕсем хаклă. Шупашкарта çулталăк хушшинче çак артель туса кăларнă буфетсене пĕрне те сутайман.

Партипе правительство продукцин хăйне ларакан хакне пĕрмаях йӳнетсе пыма хушаççĕ, мĕншĕн тесен çакă вăл таварсен курттăм тата ваккăн сутмалли хакĕсене тăтăшах йӳнетсе пымалли никĕс пулса тăрать.

Апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен хакĕсене çĕнĕрен йӳнетнĕ хыççăн ĕçсыннисен пурнăçĕ чылай лайăхланчĕ, совет укçин хакĕ ӳсрĕ. Союзлă министерствăсене пăхăнса тăракан предприятисем паха продукци туса кăларассине пĕрмай ӳстерсе пыраççĕ, япаласен ассортиментне нумайлатаççĕ. Ăна республикăна таварсем нумай кӳрсе килнинчен те лайăх курма пулать. Çапах та ку вăл вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшне чакармасть. Хăшпĕр япаласене (сĕтел-пукан, савăт-сапа, строительство материалĕсем т. ыт. те) инçетрен кӳрсе килме кансĕр тата хакла ларать. Çавăнпа вĕсене вырăнтах туса кăлармалла.

Пирĕн республикăра куллен кирлĕ япаласем çителĕклĕ туса кăларма мĕн кирли пурте пур. Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕнче ĕçлекенсем пуçарулă пулни, вырăнти чĕртаварпа, пуян техникăпа туллин усă курни çеç кирлĕ. Чăваш АССР Вырăнти тата Апат-çимĕç промышленность министерствисен, Чăвашпромсоветăн, Чăвашдревпромсоюзăн тата Чăвашкоопинсоюзăн хăйсене пăхăнса тăракан предприятисемпе промартельсене техника тĕлĕшĕнчен пулăшу ытларах памалла, малта пыракан коллективсемпе производство новаторĕсен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сармалла, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе паллаштармалла.

Пирĕн шухăшпа, республикăра туса кăларакан куллен кирлĕ япаласен выставкине организацилемелле. Выставкăри япаласемпе тимлĕн паллашнă хыççăн ĕçсыннисем предприятисене паха сĕнӳсем нумай панă пулĕччĕ. Вырăнти чĕртавара, кадрсен квалификацине тата оборудование шута илсе предприятисене специализацилемелле. Ĕçе механизацилени, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатни, пысăк предприятисен опычĕпе усă курни, рабочисемпе специалистсен пĕлĕвне тăтăшах ӳстерсе пыни, пысăк пахалăхлă продукци çеç туса кăларакан бригадăсем организацилени—çаксем вĕсем пурте продукци пахалăхне лайăхлатма пулăшакан мелсем пулаççĕ.

Коммунизм обществи тăвакан совет çыннисем валли куллен кирлĕ паха таварсем çителĕклĕ туса кăларасси—вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕнче ĕçлекенсен чыслă та пысăк тивĕçĕ.

А. МАЛЫШЕВ,
Чăваш АССР Суту-илӳ министрĕ.

Демократиллĕ Вьетнам Республикин Халăх çарĕн соединенийĕсем Франци колонизаторĕсен çарĕсене хирĕç пысăк хăватпа çапăçаççĕ.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Халăх çарĕн боецĕсем зенитнăй пулемет патĕнче.
Синьхуа агентствин фотоӳкерчĕкĕ.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Йончхоньран çурçĕр-хĕвеланăç енче Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Ĕнер çĕрле Америка авиацийĕ каллех Çурçĕр Пхенан провинцийĕнчи Уден хули çине тапăннă, тискеррĕн бомбăсем пăрахнă.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ апрелĕн 19-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Секлоги тата Погандон районĕнче Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç çапăçнă.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ.

# Генерал Гаррисон генерал Нам Ир патне янă çыру

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин Токиори корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Пĕрлешнĕ Нацисен çарĕсен командованийĕ ĕнер Паньмыньчжона çыру ярса панă. Çыру çине США-н главнăй делегачĕ генерал-лейтенант Уильям Гаррисон алă пуснă. Çыруре çапла каланă:

«Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен делегацийĕн главнăй делегачĕ—генерал Нам Ира.

Пĕрлешнĕ Нацисен хĕçпăшаллă вăйĕсен главнокомандующийĕ мана Пĕрлешнĕ Нацисен командованийĕн çыхăну ушкăнне сирĕн енĕн çыхăну ушкăнĕпе апрелĕн 18-мĕшĕнче е каярахпа, сирĕн енĕшĕн килĕшӳллĕ вăхăтра, тĕл пулас пирки кăтарту пама полномочи пачĕ. Çак тĕлпулура, сирĕн çыхăну ушкăнĕ апрелĕн 11-мĕшĕнче сĕннĕ пек, перемири тăвасси çинчен делегацисен пĕрлехи ларăвĕсене тепĕр хут ирттерме пуçлассипе çыхăнса тăракан ыйтусене сӳтсе явмалла.

Пĕрлешнĕ Нацисен командованийĕ эсир хăвăр енĕн официальнăй позицийĕ пирки пĕлтернине пăхса тухрĕ. Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай тата маршал Ким Ир Сен пĕлтернисем пирки генерал Кларк апрелĕн 5-мĕшĕнче ярса панă çырура тĕплĕнрех каласа пĕлтерме ыйтнăччĕ. Анчах çавăн пек тĕплĕн каласа пани курăнмасть. Çапах та, сирĕн командующисем апрелĕн 1-мĕшĕнче ярса панă çырура генерал Кларк мартăн 31-мĕшĕнче янă çырура панă сĕнӳсемпе килĕшни çинчен каланине шута илсе, эсир Пĕрлешнĕ Нацисен сĕнĕвне йышăнма хатĕр пулнине е ларусем пуçласа яма çирĕп никĕс пулса тăмалли хăвăрăн конструктивлă сĕнĕвне кĕтсе тăратпăр пулĕ, тесе шутлама пулать. Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай тата маршал Ким Ир Сен пĕлтернисем илес пулсан, Пĕрлешнĕ Нацисен командованийĕ тыткăнри çар çыннисен çинчен хăварт татса пама, сăмахран, çакăн пек ĕçсем туса ирттерни ăслă та конструктивлă пулнă пулĕччĕ, тесе шутлать:

1) Нейтральнăй государство вырăнне Швейцари пулмалла, вăл тахçантанпах çакнашкал йышши ыйтусемшĕн вырăнлă çĕршыв шутланать;

2) Тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене, практикăлла интересcене шута илсе, Корейăра нейтральнăй государство опекине памалла;

3) Çителĕклĕ таран вăхăт иртнĕ хыççăн, калăпăр, 60 кун иртнĕ хыççăн, нейтральнăй государствăн хăйĕн опекинче тăракан çынсен кун-çулне мирлĕн татса памалла тăвас тĕлĕшпе мерăсем йышăнмалла. Çак вăхăт хушшинче нейтральнăй государствăн интересленекен енĕсене хăйĕн опекинче тăракан çынсен позицине палăртма май памалла.

Пĕрлешнĕ Нацисен командованийĕ çапла шутлать: делегацисен пĕтĕм составĕпе пухăннă ларăвĕсем кирлĕ срокcенче вырăнлă килĕшӳ тума май çуккине кăтартсан, калаçусене тепĕр хут чарса лартни вырăнлă пулать».

# Корейăпа Китай делегацийĕ пĕлтерни

ПЕКИН, апрелĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран Корейăпа Китай делегацийĕ апрелĕн 19-мĕшĕнче пичетлесе кăларнă пĕлтерĕве парать. Унта çапла каланă:

Паян ирхине 11 сехетре Паньмыньчжоньра икĕ енĕн çыхăну ушкăнĕсен çиччĕмĕш ларăвĕ пулса иртнĕ.

Çак ларура Корейăпа Китай енĕн çыхăну ушкăнĕн пуçлăхĕ Ли Сан Чо, Корейăпа Китай делегацийĕ пуçлăхĕ Нам Ир хушнипе çапла пĕлтерсе каланă: Корейăпа Китай енĕ нумаях пулмасть тăратнă çĕнĕ сĕнĕве пĕтĕм тĕнче чи килĕшӳллĕ сĕнӳ тесе йышăнчĕ. Ку сĕнӳ тăрăх калаçусене хутшăнакан икĕ енĕн вăрçă ĕçĕсем чарăннă хыççăн çийĕнчех хăйсен тăван çĕршывне таврăнасшăн пулнă тыткăнри çар çыннисене пурне те репатриаци туса ятармалла, тыткăнри ытти çар çыннисене, вĕсене репатриаци тăвасси çинчен тăракан ыйтăва тӳрĕлĕхлĕ татса парас шутпа, нейтральнăй государство аллине памалла. Çак сĕнĕве пурнăçлас тĕлĕшпе тăракан конкретлă ĕçсене илес пулсан, тенĕ генерал Ли Сан Чо, вĕсене икĕ енĕн делегацийĕсем хушшинче калаçусем пынă вăхăтра пĕрле канашланипе татса пама пулать. Çакăн пирки икĕ енĕн делегачĕсем хушшинче пыракан калаçусем вăхăтĕнче кашни енĕн конкретлă сĕнӳсем кăларса тăратмалла. Калаçусем ăнăçлă пуласси икĕ енĕ тăрăшнинчен килет. Икĕ енĕн делегацийĕсен Корейăра перемири тăвас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлемелле.

Ларура икĕ енĕ те Корейăра перемири тăвасси çинчен делегацисен пĕрлехи ларăвне апрелĕн 25-мĕшĕнче ирттерме килĕшнĕ. Консультаци ирттернипе тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва татса памалла, Корейăра перемири тăвас вăхăта çывхартмалла. Пĕтĕм тĕнчери халăхсем çавăн пек перемири тăвасса шанса тăраççĕ.

### АНГЛИ САЛТАКĔСЕМ КОРЕЙĂРИ ВĂРÇĂ ХУТШĂНАСШĂН МАР

ВЕНА, апрелĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). «Эстеррейхише фольксштимме» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Грац хулинчен Корейăна кăларса янă Англин оккупаци çарĕсен батальонĕнчен юлашки кунсенче 85 салтак тарнă.

Хаçат çырнă тăрăх, тарнă салтаксене шырас тĕлĕшпе Англи çар полицийĕпе пĕрле Австри жандармĕсем те ĕçлеççĕ.

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

## Апрелĕн 18-мĕшĕнчи пĕрлехи лару

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). ООН Генеральнăй Ассамблейин ĕнер пулса иртнĕ пĕрлехи ларăвĕнче чи малтан кун йĕркинче «Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн хĕçпăшаллă вăйĕсене бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнăшăн айăпланине тӳрĕ кăмăлпа тĕрĕслесе тухасси çинчен» текен ятпа тăракан ыйту тăрăх Политикăлла комитет ырланă резолюци проектне пăхса тухнă.

Çак резолюци проектне США тата ытти çĕршывсен делегацийĕсем тăратнă. Резолюци проектĕнче ООН хĕçпăшаллă вăйĕсене Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнăшăн айăпланине тĕрĕслесе тухма комисси тăвасси çинчен каланă. Çакăн пек айăплани тĕрĕс пулнине тĕнчери авторитетлă организацисем тахçанах çирĕплетсе панă ĕнтĕ. Резолюцире бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курассине чарса лартасси çинчен Женевăра йышăннă протокола ку таранччен те çирĕплетмен государствăсене çак протокола йышăнса çирĕплетме чĕнсе калани те çук. Çакăнпа пĕр вăхăтрах ООН секретариачĕ çак комиссие тытса тăма тухакан расходсен сметине тăратнă. Ăна ООН секретариачĕ туса хатĕрленĕ. Çак сметăна ООН-ăн финанспа администраци ыйтăвĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен комитетĕнче пăхса тухман, çапла вара йĕркене пăснă. Анчах пиллĕкмĕш (финанс) комитечĕн председателĕ Ромуло çак сметăна пиллĕкмĕш комитетра пăхса тухмасăрах çирĕплетме сĕннĕ.

Совет делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский Ассамблейăри йĕркесене çавăн пек пăснине хирĕç тесе каланă.

Совет Союзĕн делегацийĕ, тенĕ А. Я. Вышинский, пирĕн халиччен çирĕплетнĕ йĕркесене, тивĕçлĕ чухне яланах пурнăçламалли йĕркесене пăхăнма кирлĕ, тесе шутлать. Кунта Ассамблея председателĕ укçа-тенкĕ уйăрса парасси çинчен ыйту тăнă чухне пур чухне те пиллĕкмĕш комитет енчен хăйĕн шухăшĕсене тăратни кирлĕ, тесе тĕрĕс каларĕ. Анчах эпир халĕ çавăн пек тунине курмастпăр-ха. Çакă вăл хăех те ĕнтĕ çак ыйту тăрăх Генеральнăй Ассамблея енчен решени йышăнассине чарса тăмалла. Совет делегацийĕ çапла шутлать: Генеральнăй Ассамблея çак йĕркерен пăрăнса, пиллĕкмĕш комитет хăйĕн шухăшне пĕлтермесĕрех решени йышăнас пулсан, Совет делегацийĕ çак решенипе килĕшме пултараймасть.

Мана тата çакăнпа пĕрлех Совет делегацийĕ Политикăлла Комитет тăратнă резолюцишĕн мĕншĕн сасăлама пултарайманни çинчен те каласа пама ирĕк парăр. Совет Союзĕн делегацийĕ Политикăлла комитетра çакăнта тăратнă резолюцие хирĕç сасăларĕ. СССР делегацийĕ бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнăшăн айăпланине тĕрĕслесе тухас тĕлĕшпе нимĕнле комисси те тума кирлĕ мар тесе шутлать, мĕншĕн тесен çак ĕçе тĕнчери авторитетлă тата объективлă комиссисем тĕрĕслесе тухнă.

Çак ыйтăва Политикăлла комитетра пăхса тухнине илес пулсан, Совет Союзĕн делегацийĕ ку ыйтăва пăхса тухма çак ыйтупа интересленекен Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе Китай Халăх Республикин представителĕсене чĕнсе килменни йĕркеллĕ мар ĕç пулнине кăтартса пачĕ.

Хăех те паллă ĕнтĕ, çакăн пек ыйтăва Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе Китай Халăх Республикин представителĕсем хутшăнмасăр сӳтсе явни палах тĕрĕс мар ĕç пулса тăрать. Çак ыйтăва вĕсем хутшăнмасăр пăхса тухни кирлĕ результат пама пултараймасть. Чăнахах та, ыйтăва пăхса тухас ĕçе пĕр интересленекен енĕ хутшăнать пулсан, тӳрĕлĕх тĕнчери право тата Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕн принципĕсем интересленекен çĕршывсен тепĕр енĕн те ăна пăхса тухма хутшăнмалли çинчен калаççĕ. Ыйтăва сӳтсе явас ĕçе пĕр енĕ хутшăннă вăхăтрах интересленекен тепĕр енĕ хутшăнмасть пулсан, çак ыйтăва ниепле те тӳрĕ кăмăлпа пăхса тухма çук. Акă мĕншĕн ĕнтĕ Совет Союзĕн делегацийĕ ку ыйтăва çакăн пек йĕркеллĕ мар тата законсăр йĕркепе пăхса тухнипе килĕшме пултарайман. Вăл халĕ те ку ыйту тăрăх çавнашкал позици тытать. Сӳтсе асăннă тĕнчери авторитетлă комиссисем пур енчен те объективлă палăртнă фактсене тĕрĕслесе тухма çĕнĕ комисси туса хуни вырăнсăр тата тĕрĕс мар пулать, тесе шутлать вăл.

«Çакăнта каланисене шута илсе, СССР делегацийĕ çак резолюцие хирĕç сасăларĕ, Генеральнăй Ассамблейăн халĕхи пленумĕнче те вăл çак резолюцие хирĕç сасăлать. Паллах ĕнтĕ, Совет делегацийĕ çак комиссие укçа-тенкĕ памалла тăвас тĕлĕшпе решени йышăнма сĕннипе те килĕшме пултараймасть, вăл çакнашкал комисси туса хурассине хирĕç тăрать.

Çавăн пекех тата эпĕ пĕр-ик сăмах çакăн çинчен каласшăн: çак резолюцире Женева протоколне йышăнман е ăна çирĕплетмен государствăсене çав протокола йышăнма е çирĕплетме чĕнсе каласине пачах сиктерсе хăварнă. Ку вăл питĕ кирлĕ ыйту, пирĕн шутпа ку ыйтăва халех татса памалла.

Совет делегацийĕ хирĕçнĕ пирки резолюци проектне пăхса тухассине тепĕр вăхăта хăвармалла тунă.

Çакăн хыççăн Корея ыйтăвĕ тăрăх Политикăлла комитет туса хатĕрленĕ резолюци проектне пурте пĕр сасăпа пулса ырланă. Польша представителĕ Скшешевский çапла каланă: Польша делегацийĕ Политикăлла комитетра Корея ыйтăвĕ тăрăх Польша тăратнă резолюци проектне сасăлаттарма çине тăмарĕ. Вăл Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительствисем пуçарнипе тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси çинчен пуçланнă калаçусем ăнăçлă иртнĕ пирки сасăлаттарасшăн пулмарĕ. Вăл çавăн пекех тата çапла пĕлтернĕ. Польша делегацийĕ Польша тăратнă ытти сĕнӳсене пăхса тухассине те тепĕр вăхăта хăварма кирлĕ тесе шутларĕ. Вăл сĕнӳсене майлă вăхăт килсе тухсан тĕплĕн сӳтсе явмалла. Юлашкинчен Польша представителĕ унăн делегацийĕ Бразили тăратнă резолюци проектне ырлани çинчен пĕлтернĕ. Çак решени, тенĕ вăл, Корея çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва йĕркелесе ямалли никĕс пулма пултарать.

Бразили, Перу тата Инди представителĕсем Польша делегацине килĕшӳллĕ пулнăшăн тав тунă, çакна шанса тăни çинчен пĕлтернĕ: Корея ыйтăвĕ тăрăх пурте пĕр сасă пулса йышăннă резолюци проекчĕ Корея çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва йĕркелесе ярас тĕлĕшпе пысăк утăм пулса тăрать, вăл тĕнчери мĕнпур çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлес çул çинче халиччен кансĕрлесе тăнă мĕнпур чăрмавсене сирсе яма пултарать.

Чехословаки представителĕ В. Давид çапла каланă: Чехословаки делегацийĕ, Корейăра юн юхтарассине кĕске вăхăтра чарса лартассине шанса тата пĕтĕм Корея ыйтăвне тӳрĕ кăмăлпа татса парассине шанса, Бразили тăратнă резолюци проекчĕшĕн сасăларĕ.

Резолюци проектне пурте пĕр шухăшлăн ырласа йышăннипе кăмăллă пулнине палăртса, США представителĕ Гросс çапла каланă: США делегацийĕ тыткăнри аманнă тата чирлĕ çар çыннисене улăштарса илес ыйту тăрăх та, Корейăра мир туса хурассипе çыхăнса тăракан ытти ыйтусем тăрăх та калаçусем ăнăçлă пуласса шанса тăрать, тенĕ.

Сасăласси пирки тухса каласа, СССР делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский çапла пĕлтернĕ:

— Кунта Польша республикин делегацийĕн представителĕ халĕ кăна Польша делегацийĕ Корея ыйтăвĕ тăрăх, çавăн пекех тата резолюци проектĕнче каланă ытти ыйтусем тăрăх Политикăлла комитета пăхса тухма тăратнă хăйĕн сĕнĕвĕсене сасăлаттарма çине тăманни çинчен каларĕ. Совет Союзĕн делегацийĕ Польша республикин делегацийĕ йышăннă решенипе те, тата Польша республики кăларса тăратнă сĕлтавсемпе те пĕтĕмпех килĕшет. Çавăнпа та Совет Союзĕн делегацийĕ Политикăлла комитетра Бразили резолюци проекчĕшĕн сасăларĕ, Генеральнăй Ассамблейăн пленумĕнче те çак резолюцишĕн сасăлать.

Ларăва хупнă чухне Генеральнăй Ассамблея председателĕ Пирсон çапла пĕлтернĕ: Генеральнăй Ассамблейăра пурте пĕр шухăшлă пулса йышăннă резолюцие вăл интересленекен енĕсене халех ярса парать. Вăл çакăнпа пĕрлех калаçусене хăвăрт тата ăнăçлă вĕçлеме ыррă сунни çинчен пĕлтерет.

## Политикăлла комитетра

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер ООН Генеральнăй Ассамблейин Политикăлла комитечĕн ирхи ларăвĕнче Бирма правительстви гоминдан бандисем Бирмăна хирĕç агрессиллĕ ĕçсем туни çинчен панă жалобăна сӳтсе явма тытăннă.

Бирма представителĕ У Мин Теин хăйĕн сăмахĕн пуçламăшĕнче çапла каланă: Бирма правительстви тăратнă жалобăна халĕ «Китай республикин правительстви» агрессиллĕ ĕçсем туни çинчен панă жалоба тесе ят пани Бирма правительствишĕн нимĕне те пĕлтермест, мĕншĕн тесен Бирма правительстви Китайри пĕртен-пĕр законлă правительство тесе Китай Халăх Республикин правительствине кăна йышăнать. «Пирĕн жалоба, тенĕ У Мин Теин, халĕхи вăхăтра Формоза (Тайван) утравне оккупацилесе тăракан тата çак утрава тытса тăракан çынсен ушкăнне хирĕç пырать. Вăл ушкăна Бирма правительстви Китай представителĕ тесе шутламасть».

Кун хыççăн Бирма представителĕ гоминдановецсем Бирмăна мĕнле майпа пырса кĕни çинчен каласа панă, гоминдановецсем айăплă пулнине çирĕплетекен чылай документсем илсе кăтартнă.

Тĕрĕссипе ĕç мĕнле пулни çинчен каласа панă хыççăн, У Мин Теин Бирма правительстви тăратнă резолюци çинчен чарăнса тăнă. Бирма правительстви тăратнă резолюци проектĕнче Генеральнăй Ассамблейăна çакăн пек тума чĕнсе каланă: Хăрушсăрлăх Советне «Формозăри гоминдан правительствине» агрессиллĕ ĕçсем тунăшăн сивлеме сĕнмелле. Çак агрессиллĕ ĕçсене халех чарса лартма Хăрушсăрлăх Совечĕн тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Инди представителĕ Менон Бирма жалоби майлă пулса каланă.

Çакăнпа Политикăлла комитетăн ларăвĕ хупăннă.

# Францири забастовкăсем

ПАРИЖ, апрелĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Францири нумай предприятисенче забастовкăсем пулса иртеççĕ. Забастовкăна хутшăнакансем ĕç укçи ӳстерме, ĕççĕрлĕхе пĕтерме, пурнăç условийĕсене лайăхлатма требовани лартаççĕ.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Булонь-Бианкур хулинчи (Сена департаменчĕ) «Рено» автомобиль заводĕнче 4 пин рабочи забастовка тунă. Вĕсем ĕç укçи ӳстерме тата коллективлă договор тума халех Аслă комисси пухма ыйтаççĕ. Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацине кĕрекен профсоюзăн çак заводри организацийĕ «Форс увриер» пĕрлешĕвне, «Францири христианла ĕçсыннисен конфедерацине» тата ытти профсоюз пĕрлешĕвĕсене çырусем янă. Заводри профсоюз организацийĕ ытти профсоюз пĕрлешĕвĕсене ĕçсыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн пĕр пулса кĕрешме чĕннĕ.

Вăрçă промышленноçĕн предприятийĕсенче те ĕнер кĕске вăхăтлăха забастовкăсем тунă. Уйрăмах Рюей-Мальмезонри (Сена тата Уаза департаменчĕ), Шатийонри (Сена департаменчĕ), Пютори (Сена департаменчĕ) тата ытти хуласенчи арсеналсенче ĕçлекен рабочисем ĕçлеме пăрахнине палăртмалла.

Строительство предприятийĕсенчи рабочисем апрелĕн 15-мĕшĕнче хăйсен требованийĕсене тивĕçтерессишĕн кĕрешмелли кун ирттернĕ. Лионра, Сетра (Эро департаменчĕ) тата ытти хуласенче кĕрешӳ кунне ирттернĕ çĕре Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацине кĕрекен профсоюз организацийĕсемпе пĕрле Пĕтĕм Францири кадрсен конфедерацийĕне килĕшекен служащисем, католиксен профсоюзне кĕрекен рабочисем хутшăннă.

Чылай забастовкăсем ĕçсыннисем çĕнтернипе вĕçленеççĕ. Сăмахран, Нант хулинчи «Мино» тата «Сен-Рап» предприятийĕсен администрацийĕ рабочисем ĕç укçи ӳстерме ыйтнине тивĕçтернĕ.

Францири рабочи класăн пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн пыракан кĕрешӳре Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн влиянийĕ ӳсе çирĕпленет. Çакна Гар тата Луара департаменчĕсенчи çĕр кăмрăк шахтисенче паритет комиссийĕсен ĕнер пулса иртнĕ суйлавĕсем те кăтартса параççĕ. Гар департаментĕнчи шахтăсенче Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн кандидачĕсемшĕн 7.309 çын (82 процент) сасăланă, тепĕр майлă каласан — 1949 çулхи суйлаврингчен 2.400 сасă ытларах панă. Луара департаментĕнче мĕнпур шахтерсенчен 80 проценчĕ Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн кандидачĕсемшĕн сасăланă.

# Черчиль Глазго хулинче тухса калани

ЛОНДОН, апрелĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Глазгоран çапла пĕлтерет: паян Глазго хулинче Шотландири консерваторсен пухăвĕнче тухса каланă чухне Англи премьер-министрĕ Черчилль Америкăри хаçат редакторĕсен обществинче ĕнер президент Эйзенхауэр тухса калани ырланă.

Черчилль: «президент Эйзенхауэр пирĕн шухăша палăртса каланине» саламлатăп, тенĕ.

Бюджет çинчен ыйту лартнипе усă курса, парламентра хăйĕн партийĕн ытларахăшне ӳстерме ĕмĕтленсе, Черчилль парламент суйлавне срокчĕн, кĕркунне ирттермелле тума шутлать, текен сăмах сарăлнă пулнă. Черчилль çав сăмаха хирĕçлесе каланă.

## Англири моряксен забастовки

ЛОНДОН, апрелĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 17-мĕшĕнче Саутгемптонри буксирнăй пăрахутсем çинче ĕçлекен моряксем забастовка пуçласа янă. Çавăн пирки Англин Атлантика тинĕсĕ хĕрринчи çак пысăк портра ĕçсем пĕтĕмпе тенĕ пекех чарăнса ларнă.

Забастовка тăвакан моряксем ĕç укçи ӳстерме ыйтаççĕ. Пăрахут хуçисем вĕсен требованийĕсене çуррине кăна тивĕçтерме килĕшнĕ.

## ХРОНИКА

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Яков Александрович Малик юлташа СССР Союзĕн Великобританири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ пулма уйăрса лартнă.

СССР Министрĕсен Совечĕ Я. А. Малик юлташа СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Андрей Андреевич Громыко юлташа СССР Союзĕн Великобританири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

СССР Министрĕсен Совечĕ А. А. Громыко юлташа СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн пĕрремĕш заместителĕ пулма уйăрса лартнă.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: «Володарский» пăрахут Шупашкарта.
Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Атăл çинче

Шупашкар тĕлĕнче Атăл шывĕ апрелĕн 19-мĕшĕнче 5 сантиметр, апрелĕн 20-мĕшĕнче 7 сантиметр хушăннă.

Ĕнер ирхине 8 сехет тĕлне шывра 2,8 градус ăшă пулнă.

Ĕнер выгрăнти вăхăтпа 10 сехет те 20 минутра Шупашкара Горькирен Астрахане каякан «Володарский» пăрахут çитрĕ. Малтанхи пăрахутпа Шупашкара вунпар пассажир килчĕ. Шупашкартан та нумай ларса кайрĕç.

Апрелĕн 19-мĕшĕнче Астраханьрен пассажирсем лартса çӳрекен «Анатолий Серов» пăрахут тухнă. Вăл Мускава каять.

## РСФСР-ти колхозниксен шашка чемпионачĕ вĕçленчĕ

Сызрань хулинче РСФСР-ти колхозниксен III-мĕш шашка чемпионачĕ пулса иртрĕ. Унта 9 команда тĕл пулса вылярĕç. Кашни командăра икĕ шашист тата пĕр шашистка пулчĕç. 24 очко илме май пур çĕртен 18 очко пухса, малти вырăна Владимир облаçĕн команди тухрĕ. Пирĕн республика командинче пĕрремĕш разрядри шашист А. Егоров, иккĕмĕш разрядри шашист А. Фомин тата М. Поликарпова шашистка пулнă. Команда, 16 очко пухса, иккĕмĕш вырăн йышăннă. Виççĕмĕш вырăнта—Кабардин АССР-ĕн команди. Унăн—13,5 очко.

Вăйлă кĕрешӳре пĕрремĕшпе иккĕмĕш вырăнсене А. Егоровпа (Чăваш АССР) И. Мамонтов (Красноярск крайĕ) пайларĕç.

Хĕрарăмсем хушшинче Л. Рижкова (Красноярск крайĕ) малла тухрĕ.

Малти виçĕ вырăна тухнисене дипломсем тата хаклă парнесем панă.

## ПĔЛТЕРНИ

Апрелĕн 21-мĕшĕнче, 20 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче «Майăн 1-мĕшĕ—пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен праçникĕ» темăпа инструктивлă доклад пулать.

Докладчик—КПСС обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ М. С. Семенов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—апрелĕн 21-мĕшĕнче выгăсла спектакль «Ночь ошибок». Пуçламăшĕ 20 сехетре.

### КИНО

«РОДИНА»—апрелĕн 21-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Вратарь»; 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче фильм-спектакль «Нахлебники».

«УДАРНИК» — апрелĕн 21-мĕшĕнче «Таинственный беглец».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01380 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.